ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Январь 6
ЫТЛАРИКУН
№ 4 (8913)
35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**

Совет Союзĕ тăрăх (1 стр.).
Выранти Советсен суйлавĕ умĕн (1 стр.).
И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине вĕренеççĕ. П. Тихонов юлташ статьи (2 стр.).
Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Советне суйламалли суйлав участокĕсем тăвасси çинчен ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совет исполкомĕ йышăннă решени (2 стр.).
В. Прохоров. — Учительсем вĕрентсе хатĕрлес ĕçе лайăхлатмалла (3 стр.).
Г. Матвеев. — Ял Совечĕн организациллĕ-массăллă ĕçĕ (3 стр.).
В. Чернов.—Суту-илӳри çитменлĕхсене пĕтермелле (3 стр.).
Польшăра карточка системине пăрахăçа кăларнă тата ĕç укçине ӳстернĕ (4 стр.).
Я. Мазор.—Тĕнчери лару-тăру (4 стр.).
Корейăри ĕçсем (4 стр.).

# Кино—идеологиллĕ ĕçĕн паллă участокĕ

Кино—чи массăллă искусство. Ĕççыннисене коммунистла воспитани памалли хăватлă вăй пулса тăракан совет киноискусствине малалла хăвăрт аталантарса пырассишĕн партипе правительство тата Сталин юлташ яланах тимлĕн тăрăшаççĕ.

«Совет влаçĕ аллинче,—тет Сталин юлташ,—кино çав тери хаклă, пысăк вăй пулса тăрать.

Массăсен шухăш-кăмăлне хавхалантармалли пысăк вăй пулса тăнă май, кино рабочи класа тата унăн партине ĕççыннисене социализмла воспитани пама, массăсене социализмшăн кĕрешме, вĕсен культурине тата политикăллă пултарулăхне çĕклеме пулăшать».

Сталин юлташ кăтартăвĕсене куллен пурнăçласа пынипе совет кинематографийĕ—чи пысăк идейăллă, чи малта пыракан кинематографи—творчествăллă паха çитĕнӳсем турĕ. Пирĕн кино халăхсем хушшинчи тăванла туслăхшăн, пĕтĕм тĕнчери мирлĕ пурнăçшăн кĕрешме, коммунизмлă общество тума, Тăван çĕршыва чунтан-чĕререн юратма вĕрентет. Пирĕн кинофильмсем миршĕн кĕрешес ĕçре малти ретре пыракан, коммунизмлă общество тăвакан совет халăхĕн паттăр, пултарулăх ĕçĕсем çинчен каласа параççĕ, совет çыннисен шухăш-кăмăлĕпе йăлинчи паха енсене кăтартса параççĕ, тĕнчере çĕнĕ вăрçă вучахне чĕртме хĕтĕртекенсене тăрă шыв çине кăлараççĕ.

Кинотеатрсен, стационарлă киноустановкăсен тата кинопередвижкăсен шучĕ тăтăш ӳсет. Партин XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче кинофикаци ĕçне тата анлăрах сарма палăртнă: «Кинопа телевиденине малалла аталантарса пымалла, кинотеатрсен хисепне ӳстермелле, киноустановкăсен шутне пилĕк çул хушшинче 25 процент ӳстермелле, çавăн пекех кинофильмсем ытларах туса кăлармалла».

Кино ĕçĕ юлашки çулсенче чылай лайăхланчĕ Апла пулсан та ку ĕçре пирĕн республикăра çаплах пысăк çитменлĕхсем тĕл пулаççĕ.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Кинофикаци управленийĕ тата унăн нумай районсенчи пайĕсем, çавăн пекех выранти Советсем ĕççыннисене кино кăтартас ĕçе çителĕклĕ ертсе пымаççĕ, халăха кино кăтартмалли плана тултарма тата кино кăтартнинчен пухăнмалли тупăша ӳстерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Советски, Хĕрлĕ Чутай, Первомайски, Красноармейски, Сĕнтĕрвăрри тата Елчĕк районĕсенче кино кăтартас ĕç уйрăмах начар пырать.

Чылай районсенче кино кăтартмалли графиксене çирĕппĕн пурнăçласа пымаççĕ. Киноаппаратсем ĕççĕр ларнисем те час-часах тĕл пулаççĕ. Ялсенчи киномеханиксем хушшинче ĕç дисциплини çирĕп мар.

Нумай ялсенче кино кăтартма ялан лăхах пӳлĕм уйăрса паман. Кино кăтартакан пӳлĕмсем юсавлă мар, унта тивĕçлĕ культурлăх, тирпейлĕх çук. Вăрнарпа Шăхасан районĕсенчи ялти клубсенчен нумайăшне хутса ăшăтмаççĕ.

Кинофильмсене, киноаппаратсене тирпейсĕр тыткаланине те, кино картинăсене татăкăн-кĕсĕкĕн, ним йĕркесĕр кăтартнине те час-часах курма пулать. Кинофикаци пайĕсен начальникĕсем киномеханиксен ĕçне тăтăшах тĕрĕслесе тăмаççĕ.

Парти райкомĕсем ялсенче кино кăтартас ĕçе мĕнле йĕркеленине ялан тĕрĕслесе тăма тивĕç. Вĕсен киноработниксен ответлăхне ӳстермелле, киномеханиксен политикăллă пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлемелле. Кино кăтартас ĕç—идеологи ĕçĕн паллă участокĕ пулса тăнине пĕр самантлăха та манма юрамасть.

Кино кăтартас ĕç кая юлса пынипе текех килĕшсе тăни пулмалла мар. Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессийĕ çак çитменлĕхе хăвăртрах пĕтерме выранти Советсене татăклă мерăсем йышăнма хушса хăварчĕ. Выранти Советсен, кинофикаци органĕсен умĕнче çакăн пек задачăсем тăраççĕ: кашни ялта, поселокра тата ытти çĕрте те—уйăхра 3—4 хутран кая мар кино кăтартмалла. Кино кăтартас тата кино кăтартнăшăн укçа-тенкĕ пухас тĕлĕшпе кашни киноустановка хăйĕн планне вăхăтра тултарса пытăр. Пур ялсемпе поселоксенче те кино кăтартма юрăхлă çуртсем уйăрса памалла, вĕсенче тивĕçлĕ йĕрке туса хумалла: кирлĕ чухлĕ пукансемпе тенкелсем пулччăр, пӳлĕмсем таса та ăшă пулччăр.

Выранти Советсем, кинофикаци пайĕсем ялти куçса çӳрекен киносем тата стационарлă кинотеатрсем маршрутсемпе графиксене пурнăçласа пынине тĕрĕслесе тăма тивĕç: кино курма билетсем тĕрĕс сутаççĕ-и, билетсем сутса пухнă укçана банк уйрăмне çийĕнчех хываççĕ-и—çакна тăтăш тĕрĕслесе тăма кирлĕ. Куçса çӳрекен киноаппаратсене турттарма транспорт тупса памалла, киномеханиксем валли ĕçлеме кирлĕ условисем туса памалла.

Халăха кино кăтартас ĕç мĕнле пыни çинчен кино работникĕсен отчечĕсене район Совечĕсемпе ял Совечĕсен исполкомĕсен ларăвĕсенче час-часах сӳтсе явас пулать. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Кинофикаци управленийĕн районсенчи кинофикаци пайĕсен ĕçне тĕрĕслесе тăрассине татăклăн вăйлатмалла, выранти работниксене ĕçре куллен пулăшса пымалла, кино работникĕсем час-часах улшăнса тăрассине пĕтермелле. Киноработниксен таса тивĕçĕ кинотеатрсемпе киноустановкăсен ĕçне кирлĕ пек йĕркелесси, халăха кино кăтартас ĕçе татăклăн лайăхлатасси пулать.

Колхозниксен культури хăвăрт ӳссе пырать. Вĕсем совет кинофильмĕсене юратса пăхаççĕ. Кĕнеке, хаçат-журнал тата радио пекех, кино та колхозникĕн йăлине кĕрсе вырнаçнă. Кашни çĕнĕ кинокартинăна ял çыннисем пысăк хаваслăхпа кĕтсе илеççĕ. Художествăллă кинофильмсемпе пĕрлех вĕсем наукăпа сутçанталăк тата агрозоотехника ыйтăвĕсем тăрăх кăларнă кĕске фильмсене, малта пыракан совет наукин çитĕнĕвĕсем çинчен, ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опычĕ çинчен калакан кинокартинăсене кăтартма ыйтаççĕ. Колхозниксен çакнашкал ыйтăвĕсене вăхăтра тивĕçтересси—кинофикаци работникĕсен ответлă ĕçĕ. Уйрăм темăсем тăрăх кино кăтартас, кинофестивальсем ирттерес ĕçе йĕркелемелле, фильмсем кăтартас умĕн кĕске калаçусемпе докладсем ирттермелле. Çак ĕçе халĕ, выранти Советсен суйлавне ирттерме хатĕрленнĕ вăхăтра, уйрăммăнах вăйлатмалла.

Пархатарлă ĕç тăвать пирĕн совет киноискусстви: вăл ĕççыннисен культурине тата политикăллă ăнланулăхне ӳстерсе пыма пулăшать, советлă патриотизм идейисене пропагандăлать, партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра тăракан аслă задачăсене пурнăçлама мĕнпур ĕççыннисене мобилизацилеме пулăшать. Çак задачăсене пурнăçлас ĕçре кинопа анлăрах усă курасси партипе совет органĕсен тата кинофикаци организацийĕсен хисеплĕ ĕçĕ пулса тăрать.

## Выранти Советсен суйлавне хатĕрленеççĕ

Январĕн 3-мĕшĕнче ĕççынни депутачĕсен Мускав область Советне суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен суйлав комиссийĕн пĕрремĕш ларăвĕ пулнă.

Мускав область Совечĕн исполком секретарĕ Горностаев юлташ предприятисенчи, колхозсенчи тата совхозсенчи ĕççыннисем выранти Советсен суйлавĕ ячĕпе отахановла вахтăна тăни, производство планĕсене срокчен пурнăçлама çĕнĕ обязательствăсем илни çинчен пĕлтернĕ. Суйлав положенийĕ тăрăх, Мускав хулинче тата Мускав облаçĕнче ĕççынни депутачĕсен Мускав область Советне суйламалли 322 суйлав округĕ тунă. Ку вăл, 1950 çулта пулнă суйлав округĕсен шучĕпе танлаштарсан, 17 округ нумайрах пулать. Мускаври çĕнĕ суйлав округĕсем — Видновски, Ново-Песчанăй, Левитановски округсем—столица малалла ӳссе пынине кăтартаççĕ. Мускав çывăхĕнчи чылай районсенче — Кунцево, Ухтомски, Мытищи, Подольск, Раменски тата ытти хăвăрт аталанса пыракан районсенче çĕнĕ округсем чылай тунă.

Халĕ облаçри районсемпе хуласенче суйлав участокĕсем тăвас тата суйлавçăсен списокĕсене хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

Облаçри суйлав комиссийĕ ĕç планĕ йышăннă тата комисси членĕсем кашни кулленех дежурствăра тăмалла тунă.

(ТАСС).

## Чуев мастер примерĕпе

ЯКУТСК, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Якутскри ПЭС мастерĕнчен Александр Чуевран пример илсе, республикăри предприятисенчи стахановецсем пысăк усă паракан рационализаторла сĕнӳсем пама обязательствăсем йышăнаççĕ.

Иртнĕ çулхи декабрь уйăхĕнче республикăри предприятисенче тата министерствăсемпе ведомствăсенче 200 яхăн рационализаторла сĕнӳсене пăхса тухса ырланă. Вĕсем миллионшар тенкĕ перекетлесе хăварма май параççĕ.

Чылай сĕнӳсемпе производствăра усă кураççĕ. Якутскри тир-сăран комбинатĕнче Перфильев, Юлборисов, Сусликов тата ытти стахановецсем сĕнипе тирсене типĕтессине механизациленĕ. Кунтах пысăк пресс вырнаçтарса лартнă.

# Совет Союзĕ тăрăх

★

## Кара-Кумри аслă стройкăра

ЧАПАЕВСК. Иртнĕ çулта Ташауз облаçĕнчи Ленинск çывăхĕнчи çеçенхирте çĕршер строительсем Чапаевск гидроузелне тума хатĕрленме тытăннă. Кунта ĕлĕкавал Шамурат каналĕ пулнă. Анчах ăна хăйăр тултарса лартнă. Халĕ ĕнтĕ 18 километр тăршшĕ канала хăйăртан тасатнă. Çак Шамурат каналĕ Аму-Дарья шывне Ташауз облаçĕнчи виçĕ районти çĕр мамăк уйĕсене шыв илсе пымалли Шават каналĕн пĕр пайĕ пулать.

Чапаевскран 86 километрта авалхи Шах-Сенем крепоçĕн стенисем курăнса лараççĕ. Кунта—Туркменири тĕп канал пулмалли вырăнта—гидроузел тума хатĕрленме тытăннă.

Туркменистанăн çурçĕр енчи пайĕнче кăçал хĕллехи вăхăтра çанталăк сивĕ тăрать. Чапаевски гидроузел строителĕсен коллективĕ, пысăк йывăрлăхсене çĕнтерсе, Шамурат каналне сăрса тата тарăнлатса пырать. Çывăхри уйăхсенчех канал тăрăх Шах-Сенем патне çитиччен Аму-Дарья шывĕ килме пуçлать.

АШХАБАД. Çĕршывăн пур кĕтесĕсенчен те Туркменири тĕп канала тăвакансем патне грузсем килеççĕ. Грузсем килсе тăни ӳсесех пырать. Иртнĕ çулта Тахиа-Ташран Аму-Дарья тăрăх 300 пин тонна яхăн груз турттарнă. Тахиа-Таш тата гидроузел хушшинче тунă çĕнĕ чугун çул тăрăх пиншер вагон груз илсе кайнă.

«Средазгидрострой» управленийĕ Аму-Дарья тăрăх грузсем турттарма шывçул транспорчĕн пайĕ туса хунă. Вăтам Азири пароходствăран 15 судно илнĕ. Киеври «Ленинская кузница» завод Кара-Кумри коммунизм стройки валли баржăсен пайĕсем 70 вагон ярса панă. Киевран татах 30 пăрахут тата баржăсем килсе çитмелле.

Январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС).

## Новгородри Кремль стенисене юсаççĕ

НОВГОРОД, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Волхов юханшывĕн сулахай çыранĕнче 900 çул ытла ĕнтĕ Новгород Кремлĕн стенисем лараççĕ. Вĕсем вырăс халăхĕн авалхи культурин чаплă памятникĕ пулса тăраççĕ. Кремль башнисен кашнин хăйĕн историйĕ пур. Акă—Златоустовски текен башня. Кунта 1896—1897 çулсенче Новгородри социал-демократсен кружокĕн малтанхи вăрттăн типографийĕ пулнă. Халĕ Златоустовски башньăн виçĕ хутĕнче музейри япаласене вырнаçтарнă.

Кремль стенисене юсама тытăннă. Башньăсене те юсаççĕ. Стенасемпе башньăсем ĕлĕк мĕнле пулнă, халĕ те çавăн пекех тăваççĕ.



Тбилиси. Грузин чĕлхипе В. И. Ленин Сочиненийĕсен 31-мĕш томне, И. В. Сталин Сочиненийĕсен 13-мĕш томне, И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине тата партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пичетлесе кăларнă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: пичет комбинатĕнче, Брошюровщица С. Торонджадзе (сулахайри) тата контролер О. Штунко хатĕр кĕнекесене тĕрĕслесе пăхаççĕ.

П. ЛУЦЕНКО фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене тата И. В. Сталин юлташăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем“ ятлă произведенине вĕренеççĕ

БАКУ. Азербайджанри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ парти обкомĕсен, хула комитечĕсен тата райкомĕсен хĕрарăмсем хушшинче ĕçлекен пайĕсен заведующийĕсен семинарне ирттернĕ. Семинара пухăннисем валли партин XIX-мĕш съезчĕн итогĕсем çинчен, И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă классикăллă произведенийĕ çинчен тата тĕнчери лару-тăру çинчен лекцисем вуласа панă. Хĕрарăмсем хушшинче ĕçлекен пайсен ĕçĕсем çинчен, производствăра тата колхозсенче хĕрарăмсен ĕçне сыхласси çинчен лекцисемпе докладсем чылай вуласа панă.

САРАТОВ. Парти обкомĕнче партин хула комитечĕсемпе райкомĕсен секретарĕсен семинарĕ пулса иртнĕ. Семинарта пулнисем И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ çинчен тата партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем çинчен лекцисем итленĕ.

Пропагандистсемпе агитаторсем 19 пин çынна яхăн хулари ĕççыннисем хушшинче çав темăсемпе калаçусем ирттереççĕ.

СМОЛЕНСК. Хула комитечĕ парти ĕçĕнчи тата хуçалăхри совет ĕçĕнчи работниксем валли «И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ—марксизм-ленинизм теорине пуянлатакан питĕ пысăк ĕç» темăпа лекци ирттернĕ.

Çавăн пекех тата партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тăрăх политшкулсемпе кружоксене ертсе пыракан пропагандистсен семинарĕн малтанхи занятийĕ пулнă.

Январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС).

## Вырăссен малтанхи хаçачĕ тухнăранпа 250 çул çитнĕ

ЛЕНИНГРАД, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Паян государствăн М. Е. Салтыков-Щедрин ячĕпе тăракан библиотекинче выставка уçăлнă. Çак выставкăна вырăссен малтанхи хаçачĕ тухнăранпа 250 çул çитнĕ май организациленĕ.

1703 çулхи январĕн 2-мĕшĕнче Мускавра «Ведомости» ятлă хаçат тухнă. Выставкăра çав хаçатăн сыхланса юлнă номерĕсене кăтартаççĕ. «Ведомости» хаçат малтанах палăртса хунă кунсенче мар, пичетлемелли материалсем пухăннă май тухса тăнă. Выставкăра 1704, 1705 тата ытти çулсенче пичетлене тухнă «Ведомости» хаçат номерĕсем пур. Çавăн пекех 1710 çулта пичетлесе кăларнă хаçат номерĕсене кăтартаççĕ, вĕсене малтанхи хут граждански шрифтпа пичетленĕ. «Ведомости» хаçатра Российăри экономикăллă, социальнăй тата культурăллă пурнăç палăрса тăнă.

# Вăрман хатĕрлевĕ

**КĔРКУННЕПЕ ХĔЛЛЕХИ ВĂХĂТРА ВĂРМАН ХАТĔРЛЕМЕЛЛИ ПЛАНА «ЧĂВАШВĂРМАН» ТРЕСТ ЕНĔПЕ 1953 ÇУЛХИ ЯНВАРĔН 1-мĕшĕ ТĔЛНЕ ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА** (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Касса хатĕрленĕ | Çул хĕррине илсе тухнă | Турттарса кăларнă |
|---|---|---|---|
| Улатăр | 28,3 | 34,1 | 16,2 |
| Элĕк | 31,4 | 9,0 | 8,0 |
| Вăрнар | 30,0 | 15,2 | 12,8 |
| Йĕпреç | 24,6 | 10,9 | 8,6 |
| Ишлей | — | — | 15,6 |
| Калинино | 29,9 | 25,3 | 18,8 |
| Канаш | 39,4 | 9,7 | 10,9 |
| Комсомольски | 64,5 | 23,4 | 36,4 |
| Куславкка | 92,9 | 39,9 | 35,1 |
| Красноармейски | 26,3 | — | 8,3 |
| Хĕрлĕ Чутай | 29,3 | 9,8 | — |
| Кувакино | 22,5 | 10,6 | 14,5 |
| Сĕнтĕрвăрри | 62,6 | 42,2 | — |
| Муркаш | 61,0 | 38,9 | — |
| Октябрьски | 47,0 | 20,1 | 7,3 |
| Первомайски | 56,2 | 16,5 | 15,1 |
| Пăрачкав | 44,3 | 37,6 | 5,9 |
| Советски | 32,9 | 19,5 | 12,5 |
| Сĕнтĕр | — | 4,4 | — |
| Вăрмар | 48,2 | 2,2 | 19,2 |
| Çĕрпӳ | 20,3 | 10,6 | 9,6 |
| Шупашкар | 136,6 | 101,5 | 84,7 |
| Чкаловски | 75,8 | 28,2 | 18,1 |
| Чурачăк | 48,5 | 9,2 | 47,4 |
| Шăмăршă | 37,5 | 9,0 | 21,0 |
| Шăхасан | 42,1 | 7,4 | 10,4 |
| Çĕмĕрле | 53,3 | 46,1 | 100,5 |
| Етĕрне | — | 8,9 | 29,7 |
| Елчĕк | 11,3 | 32,8 | 12,3 |
| Тăвай | 31,4 | 3,2 | 10,8 |

## Кварталти плана тултарнă

Йывăç касса хатĕрлемелли 1952 çулхи тăваттăмĕш кварталти плана Шупашкар, Куславкка, Чкаловски, Муркаш, Комсомольски, Первомайски тата Сĕнтĕрвăрри районĕсем тултарнă. Вĕсем планран ирттерсе 25 пин кубометр ытла йывăç касса хатĕрленĕ.

Каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана Шупашкар, Улатăр, Комсомольски, Сĕнтĕрвăрри, Муркаш, Пăрачкав, Чкаловски, Çĕмĕрле тата Елчĕк районĕсем тултарнă.

Турттарса кăлармалли плана Шупашкар, Чурачăк тата Çĕмĕрле районĕсем çеç тултарнă.

## Райсовет сессийĕ вăрман хатĕрлевĕ çинчен

ТĂВАЙ. Çак кунсенче ĕççынни депутачĕсен район Совечĕн черетлĕ сессийĕ пулса иртрĕ. Сесси район вăрман хатĕрлев планне çителĕксĕр пурнăçласа пыни çинчен сӳтсе яврĕ.

Пренире 11 çын тухса каларĕ. Вĕсем вăрман хатĕрлес ĕçри çитменлĕхсем çинчен, çав çитменлĕхсене пĕтермелли майсем çинчен каларĕç. Афанасьев депутат ут тавраш̆ĕсемпе çунасене вăрмантах тӳрлетме кирлине палăртрĕ. Т. Петровпа И. Исаев депутатсем Шăмăршă вăрманпромхозĕ сезонниксене кĕтсе илме начар хатĕрленнине, вăрманта ĕçлекенсем хушшинче политикăллă-массăллă ĕçе начар йĕркеленине палăртрĕ.

Сесси çак кунсенчех вăрмана йывăç касакансемпе турттаракансем çителĕклĕ кăларса яма йышăнчĕ. Кунсăр пуçне, районтан вăрмана агитациллĕ-массăллă ĕçе йĕркелесе пыма 5 çын яма хушса хăварчĕ.

А. ВИКТОРОВ.

## Хастарлă комсомолецсем

«Марилес» треста пăхăнса тăракан Руткински вăрманпромхозра Сĕнтĕр районĕнчи колхозниксем чылайăн ĕçлеççĕ. Вĕсем государство заданине срокчен тултарассишĕн ăмăртаççĕ. Çак ăмăртура уйрăмах Калинин ячĕпе тăракан колхозри комсомолецсем паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Ф. Яковлев, В. Павлов, Ф. Шипугин юлташсем ĕç нормине куллен 135—140 процент тултарса пыраççĕ, 40—45-шер тенкĕ ĕçлесе илеççĕ.

КУЗНЕЦОВ,
Кумышски вăрман пункчĕн технорукĕ.

## СУЙЛАВ ЛИТЕРАТУРИН ВИТРИНИ

Чăваш педагогика институтĕнчи библиотека, выранти Советсен суйлавне хатĕрленсе, агитаторсене пулăшма суйлав литературин выставкине хатĕрлерĕ. Витрина çинче Сталин юлташ 1937 çулхи декабрĕн 11-мĕшĕнче тата 1946 çулхи февралĕн 9-мĕшĕнче Мускаври Сталински суйлав округĕнчи суйлавçăсем умĕнче тухса каланисене пичетленĕ кĕнекесем, СССР, РСФСР Конституцийĕсем, Чăваш АССР ĕççынни депутачĕсен район, хула, ял, поселок Совечĕсене суйламалли Положени, суйлав çинчен калакан ытти кĕнекесем те нумай.

Студент-агитаторсем хăйсен агитациллĕ-массăллă ĕçне вăйлатрĕç, вĕсем пединститут çуртне тăвакан строительсем хушшинче партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен тата выранти Советсен суйлавĕ çинчен ăнлантарса параççĕ.

И. СЕРГЕЕВ.

# Выранти Советсен суйлавĕ умĕн

## Агитаторсем суйлавçăсем патĕнче

Калинин ячĕпе тăракан колхозри агитколлектив 21 агитатора пĕрлештерсе тăрать. Выранти Советсен суйлав кампанийĕ пуçлансанах пуçламăш парторганизаци кашни вунă кил çумне пĕр агитатор çирĕплетрĕ. Агитаторсем хăйсене çирĕплетнĕ килсенче выранти Советсен суйлавĕ çинчен калаçусем ирттереççĕ.

М. Сергеева агитатор-комсомолка суйлавçăсене «Совет Союзĕнчи суйлав йĕрки—чи демократиллĕ йĕрке» темăпа доклад туса пачĕ. Çавăнпа пĕрлех вăл суйлав Положенийĕпе паллаштарать, тĕнчери лару-тăру çинчен каласа парать.

П. Кирилловпа К. Иванов агитаторсем те суйлавçăсем патĕнче пулса 6—7-шер калаçу ирттернĕ. Р. Николаева агитатор вăрман хатĕрлевĕнче ĕçлекен колхозниксене суйлав Положенийĕпе паллаштарать.

Н. КУРЦОВ.

Калинино районĕ.

* * *

ЧУРАЧĂК. Шуркасси ял Совечĕн исполкомĕ (председателĕ С. Кириллов юлташ) Ворошилов ячĕпе, Сталин ячĕпе тăракан тата «Большевик» колхозсенчи суйлавçăсем умĕнче отчетсем туса пачĕ.

Район Совечĕн депутачĕсем В. Никифорова, Ф. Мефодьева, С. Кириллов, М. Никитин т. ыт. юлташсем те суйлавçăсем умĕнче Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессийĕ çинчен докладсем тата район Совечĕн 1952 çулхи ĕçĕсем çинчен отчетсем туса пачĕç.

А. КОЛЬЦОВ.

## Социализмлă ăмăрту вăйланать

ШĂХАСАН. Ĕççынни депутачĕсен выранти Совечĕсене суйлама хатĕрленес ĕç районта анлăн сарăлса пырать. Пур ял Совечĕсенче те суйлавçăсен списокне тума тытăннă. Райсовет исполкомĕ ĕççынни депутачĕсен район Советне суйлама 30 округ тунă, округсенчи суйлав комиссисен составне ĕççыннисен чи лайăх представителĕсене кĕртнĕ.

КПСС райкомĕ суйлав умĕнхи политикăллă-массăллă ĕçĕн планне хатĕрленĕ. Ялсенче 27 агитпункт тунă, вĕсен заведующийĕсем пулма иртнĕ суйлавсенче активлă ĕçлесе паха опыт туяннă юлташсене çирĕплетнĕ. Çавăн пекех, парти райкомĕ суйлава хатĕрленес ыйтупа пуçламăш парторганизаци секретарĕсен канашлăвне ирттернĕ.

Чылай агитколлективсем суйлавçăсене суйлав-законĕ çинчен ăнлантарса парас енĕпе активлă ĕçлеççĕ. Калинин ячĕпе тăракан колхозра Г. Васильев, И. Павлов, Ф. Морозова агитаторсем суйлавçăсем хушшинче суйлав законĕ çинчен икшер калаçу ирттернĕ. Сурăмри «Заря» колхозри пуçламăш парторганизаци кашни агитатора уйрăм участоксем çумне çирĕплетнĕ.

Суйлава хатĕрленнĕ май «Заря» колхоз членĕсем, çитес суракине тимлĕн хатĕрленнипе пĕр вăхăтрах, вăрман касса хатĕрлемелли плана районта чи малтан тултарчĕç. Вăрмана кайнă колхозниксем халĕ йывăç турттармалли плана суйлав кунĕ тĕлне ирттерсе тултарассишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ.

«За коммунизм», Ленин ячĕпе тăракан, «Гвардеец» колхозсенче те выранти Советсен суйлавне вăрман хатĕрлемелли плана тултарнипе кĕтсе илессишĕн социализмлă ăмăрту вăйланса пырать.

## Депутат отчечĕ

Елчĕк район Совечĕн тата Çĕнĕ Пăва ял Совет депутачĕ А. С. Пушкин хăйне шаннă ĕçе мĕнле туса пыни çинчен ялти суйлавçăсем умĕнче отчет туса пачĕ. Унта 244 суйлавçă пулчĕ.

А. С. Пушкин юлташ Аслă Отечественнăй вăрçăран таврăннăранпах Çĕнĕ Пăвари вăтам шкул директорĕ пулса ĕçлет. Ăна район Совет депутатне суйласа, районти халăха сутта кăларас тĕлĕшпе ĕçлекен яланхи комиссин председателĕ пулма уйăрнă. Çак вăхăтранпа Пушкин юлташ районта халăха сутта кăларас ĕçе вăйлатас тĕлĕшпе нумай ĕçленĕ.

Ялти вăтам шкултан вĕренсе тухнă çамрăксенчен чылайăшĕ халĕ Мускаври, Хусанти, Шупашкарти тата ытти хуласенчи аслă шкулсенче вĕренеççĕ. Юлашки 2 çул хушшинче вăтам тата пуçламăш шкул çурчĕсене тĕпренех юсанă, вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайманнисем сахалланнă. Шкул 1,20 гектар çинче сад ӳстерет, унта тĕрлĕ улма-çырла йывăççисем пур.

Пушкин юлташ агитациллĕ-массăллă ĕçе активлă хутшăнать, ял Совечĕпе колхоз правленине ĕçре нумай пулăшать. Отчет хыççăн тухса калаканисем Пушкин депутат халăх ĕçĕшĕн чунтан тăрăшса ĕçленине палăртрĕç.

В. ЕРТМАКОВ.

# Ĕçсынни депутачĕсен Шупашкар хула Советне суйламалли суйлав участокĕсем тăвасси çинчен

## Ĕçсынни депутачĕсен Шупашкар хула Совет исполкомĕ йышăннă решени

Чăваш АССР Конституцийĕн 108-мĕш статьи тăрăх тата Чăваш АССР-ĕнчи ĕçсынни депутачĕсен район, хула, ял тата поселок Советĕсене суйламалли Положенин 49, 50, 51, 54-мĕш статьисем тăрăх ĕçсынни депутачĕсен Шупашкар хула Советне суйлама çакăн пек суйлав участокĕсем тăвас:

### 1-МĔШ СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—хĕрачасен 5-мĕш шкулĕ, Новăй урамри 24-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Заводской урам—42-мĕш çуртран пуçласа 70-мĕш çурта çитиччен, Тургенев урамĕ, Володарский урамĕ—35-мĕш çуртран пуçласа урам вĕçне çитиччен, Новăй урам—7-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа урам вĕçне çитиччен, Ленин урамĕ—51-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 72-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Ново-Поперечнăй урам, Большичнăй переулок, Госсортсемфонд çурчĕсем, Волгострой урамĕ, Етĕрне урамĕ, Сĕнтĕр переулокĕ, Улатăр урамĕ, Винокуров урамĕ, Водопроводнăй урам—2-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Константин Иванов урамĕ—73-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 88-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, ДЭУ-713 çурчĕ, ипподром, супăнь завочĕ. Герцен урамĕ—69-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 66-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен.

### 2-МĔШ СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—арçын ачасен 2-мĕш шкулĕ, Константин Иванов урамĕнчи 30-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Константин Иванов урамĕ—31-мĕш çуртран пуçласа 71-мĕш çурта çитиччен тата 30-мĕш çуртран пуçласа 86-мĕш çурта çитиччен, Водопроводнăй урам—1-мĕш çуртран пуçласа 51-мĕш çурта çитиччен, Водосвет поселокĕ, Дегтярев переулокĕ, Геронтьевски участок, «25 лет Октября» урам, Трубнăй овраг урамĕ—38-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 43-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Односторонка урамĕ—3-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Заводской переулок, Трудовой, Автономнăй урамсем, 1-мĕш Овражнăй урам—9-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Красноармейски урам—11-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, 1-мĕш Освод урамĕ, 2-мĕш Освод урамĕ, Герцен урамĕ—52-мĕш çуртран пуçласа 64-мĕш çурта çитиччен, Безымяннăй переулок.

### 3-МĔШ СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—республика больницин çурчĕ, Константин Иванов урамĕнчи 28-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне республика больницине ача-пăча больницине кĕртес.

### 4-МĔШ СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—больницăн специальнăй уйрăмĕ, Константин Иванов урамĕнчи 24-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне республикăри больницăн специальнăй уйрăмне, туберкулез диспансерне, онкодиспансера, вендиспансера кĕртес.

### 5-МĔШ СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—Учительсен çурчĕ, Ленин урамĕнчи 3-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Водопроводнăй урам—53-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Ленин урамĕ—1-мĕш çуртран пуçласа 49-мĕш çурта çитиччен тата 8-мĕш çуртран пуçласа 70-мĕш çурта çитиччен, Плеханов урамĕ—24-мĕш çуртран пуçласа 38-мĕш çурта çитиччен тата 46-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Ленинградски урам—2-мĕш çуртран пуçласа 8-мĕш çурта çитиччен, Ворошилов урамĕ—2-мĕш çуртран пуçласа 6-мĕш çурта çитиччен тата 1-мĕш çуртран пуçласа 3-мĕш çурта çитиччен, Заводской урам—3-мĕш çуртран пуçласа 13-мĕш çурта çитиччен тата 12-мĕш çуртран пуçласа 20-мĕш çурта çитиччен, Свердлов урамĕ—1-мĕш çуртран пуçласа 45-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 20-мĕш çурта çитиччен, Герцен урамĕ—1-мĕш çуртран пуçласа 67-мĕш çурта çитиччен тата 8-мĕш çуртран пуçласа 50-мĕш çурта çитиччен, 2-мĕш Овражнăй урам, Овражнăй переулок, 2-мĕш Герцен урамĕ, Трубнăй овраг урамĕ—1-мĕш çуртран пуçласа 41-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 36-мĕш çурта çитиччен, Односторонка урамĕ — 1-мĕшпе 2-мĕш çуртсем, 1-мĕш Овражнăй урам—1-мĕш çуртран пуçласа 7-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 12-мĕш çурта çитиччен.

### 6-МĔШ СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—Центральнăй библиотека çурчĕ, Константин Иванов урамĕнчи 4-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: 1-мĕш Овражнăй урам—14-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Свердлов урамĕ—47-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 22-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Красноармейски урамĕ—1-мĕш çуртран пуçласа 9-мĕш çурта çитиччен, Чернышевский урамĕ—5-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 4-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Заводской урам—2-мĕш çуртран пуçласа 10-мĕш çурта çитиччен, Нагорно-Чернышевский, Аптечнăй, Сеспĕл Мишши урамĕсем, Константин Иванов урамĕ—1-мĕш çуртран пуçласа 29-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 26-мĕш çурта çитиччен, Роза Люксембург урамĕ—13-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 8-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Союзнăй урам—21-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Герцен урамĕ—2-мĕш çуртран пуçласа 6-мĕш çурта çитиччен.

### 7-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ — Древпромсоюз çурчĕ, Кадыков урамĕнчи 9-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Союзнăй урам—1-мĕш çуртран пуçласа 19-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Роза Люксембург урамĕ — 2-мĕш çуртран пуçласа 6-мĕш çурта çитиччен, Театральнăй урам, Чернышевский урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа 3-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çурт, Перевознăй, Кадыков, Октябрьски урамсем, Набережная Кайбулки урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа 17-мĕш çурта çитиччен, Калинин урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа 9-мĕш çурта çитиччен, Ярославский урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа 3-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 6-мĕш çурта çитиччен, Луговăй, Карл Либкнехт урамĕсем, Халтурин переулокĕ — 2-мĕш çуртран пуçласа 12-мĕш çурта çитиччен тата 1-мĕш çуртран пуçласа 11-мĕш çурта çитиччен, Гоголь урамĕ — 2-мĕш çуртран пуçласа 12-мĕш çурта çитиччен тата 1-мĕш çуртран пуçласа 15-мĕш çурта çитиччен, Набережная Волги урам — 1-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 22-мĕш çурта çитиччен, Максим Горький урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Чебоксарка патĕнчи доçаниксем.

### 8-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ — 11-мĕш шкул çурчĕ, Загороднăй урамри 5-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Максим Горький урамĕ — 2-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Нагорнăй урам, Халтурин переулокĕ—14-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 13-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Кувшински переулок, Поворотно-Нагорнăй урам, Горнăй переулок, Набережная Волги урам — 24-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Радиостанци, Рыбацки слобода, Волжски урам, ĕлĕк «Крестьянин» завод пулнă вырăнти çуртсем, ачасен 2-мĕш колонийĕ, Калинин урамĕ — 105-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Загороднăй урамри 5-мĕш çурт, Гоголь урамĕ — 17-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 14-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, промплощадкăри висĕ йывăç çурт.

### 9-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ — лента тĕртекен фабрика клубĕ, Калинин урамĕнчи 82-мĕш çурт).

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Мопр, Мичурин, Лысенко, Демченко урамĕсем, Калинин урамĕ — 89-мĕш çуртран пуçласа 103-мĕш çурта çитиччен тата 58-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Шупашкар урамĕ — 19-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 30-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Казански урам — 18-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 31-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Учительски урам — 66-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Комбинат урамĕ, Текстильщиксен урамĕ, Загороднăй урам — 2-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 1-мĕшпе 3-мĕш çуртсем.

### 10-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ — хĕрачасен 3-мĕш шкулĕ, Калинин урамĕнчи 23-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Восточнăй урам, Слесарнăй овраг урамĕ, Учительски урам — 1-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 64-мĕш çурта çитиччен, Учительски переулок, Калинин урамĕ — 20-мĕш çуртран пуçласа 56-мĕш çурта çитиччен тата 11-мĕш çуртран пуçласа 87-а çурта çитиччен, Шупашкар урамĕ—1-мĕш çуртран пуçласа 17-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 28-мĕш çурта çитиччен, Казански урам — 1-мĕш çуртран пуçласа 29-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 16-мĕш çурта çитиччен, Набережная Кайбулки урамĕ — 19-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, 12, 14, 18, 20, 22, 24-мĕш çуртсем тата 36-мĕш çуртран пуçласа 50-мĕш çурта çитиччен, «15 лет Комсомола» урамĕ, Детский переулок, Энгельс урамĕ, Садовăй переулок.

### 11-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ — Пионерсен çурчĕ, Карл Маркс урамĕнчи 13-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Ленин урамĕ — 2-мĕш çуртран пуçласа 6-мĕш çурта çитиччен, Речной переулок, Роза Люксембург урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа 11-мĕш çурта çитиччен, Хĕрлĕ площадь — 1-мĕш çуртран пуçласа 7-мĕш çурта çитиччен, Ленинградски урам — 1-мĕш çуртран пуçласа 25-мĕш çурта çитиччен, Марат переулокĕ, Карл Маркс урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа 31-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 20-мĕш çурта çитиччен, Ярославский урамĕ — 8-мĕш çуртран пуçласа 46-мĕш çурта çитиччен тата 5-мĕш çуртран пуçласа 45-мĕш çурта çитиччен, Плеханов урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа 21-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 22-мĕш çурта çитиччен, Калинин урамĕ — 2-мĕш çуртран пуçласа 18-мĕш çурта çитиччен, Володарский урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа 7-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 16-мĕш çурта çитиччен, Дзержинский урамĕ 2-мĕш çуртран пуçласа 20-мĕш çурта çитиччен, Типографи переулокĕ, Набережная Кайбулки урамри 6, 8, 10, 16, 26, 28, 30, 32, 34, 52, 54-мĕш çуртсем.

### 12-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ — чăваш ачисен вăтам шкулĕ, Ленинградски тата Володарски урамсен кĕтессинчи 24(17)-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Карл Маркс урамĕ — 22-мĕш çуртран пуçласа 32-мĕш çурта çитиччен, Ленинградски урам — 10-мĕш çуртран пуçласа 34-мĕш çурта çитиччен тата 27-мĕш çуртран пуçласа 35-мĕш çурта çитиччен, Урицкий урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа 33-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 48-мĕш çурта çитиччен, Дзержинский урамĕ — 22-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Володарский урамĕ—9-мĕш çуртран пуçласа 33-мĕш çурта çитиччен тата 18-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Плеханов урамĕ — 23-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 40-мĕш çуртран пуçласа 44-мĕш çурта çитиччен, Ворошилов урамĕ — 5-мĕш çуртран пуçласа 39-мĕш çурта çитиччен тата 8-мĕш çуртран пуçласа 34-мĕш çурта çитиччен, Заводской урам — 15-мĕш çуртран пуçласа 75-мĕш çурта çитиччен тата 22-мĕш çуртран пуçласа 40-мĕш çурта çитиччен, 2-мĕш Заводской переулок, Малый переулок, Набережная Чебоксарки урам, Новăй урам — 1-мĕш çуртран пуçласа 5-мĕш çурт таринччен.

### 13-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ — Пожарниксен клубĕ, Карл Маркс урамĕнчи 49-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Дзержинский урамĕ—1-мĕш çуртран пуçласа 27-мĕш çурта çитиччен, Ленинградски урам — 36-мĕш çуртран пуçласа 42-мĕш çурта çитиччен тата 37-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен Карл Маркс урамĕ — 34-мĕш çуртран пуçласа 76-мĕш çурта çитиччен тата 33-мĕш çуртран пуçласа 71-мĕш çурта çитиччен, Ярославский урамĕ — 48-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 47-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Кузнечнăй урам — 2-мĕш çуртран пуçласа 10-мĕш çурта çитиччен тата 1-мĕш çурт, Кооперативнăй, Спортивнăй, Мало Ярославски, Электрозаводской, Харьковски урамсем, пединститут строительствин территорийĕнчи çуртсем.

### 14-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ — «Электрик» клубĕ, Ленинградски урамри 42-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Дзержинский урамĕ — 29-мĕш çуртран пуçласа 31-мĕш çурта çитиччен, Урицкий урамĕ — 35-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 50-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Кузнечнăй урам — 11-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 12-мĕш çуртран пуçласа 20-мĕш çурта çитиччен, Односторонка Горшечнăй урам — 1-мĕш çуртран пуçласа 13-мĕш çурта çитиччен, Ленинградски урам — 44-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Карл Маркс урамĕ — 78-мĕш çуртран пуçласа 106-мĕш çурта çитиччен, Шевченко урамĕнчи 1-мĕшпе 3-мĕш çуртсем тата будка.

### 15-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—22-мĕш вăтам шкул çурчĕ, Шевченко урамĕ)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Шевченко урамĕ — 5-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Чугун çул станцийĕн водокачки, Карл Маркс урамĕ — 108-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 73-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Студенчески урам — 50-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 25-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Чапаев урамĕ — 27-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 34-мĕш çурт, Железнодорожнăй, Вокзальнăй, Краснофлотски урамĕсем, Çĕрпӳ урамĕ, чугун çул станцийĕн территорийĕнчи, «Заготскот» строительствин территорийĕнчи çуртсем, Кривонос урамĕ, тракт сывăхĕнчи переулок.

### 16-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ — арçын ачасен 4-мĕш шкулĕ, Ярославский урамĕнчи 64-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Пионерски урам, Белинский урамĕ, Белинский переулокĕ, Яхморочнăй урам, Чапаев урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа 25-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 26-мĕш çурта çитиччен, Студенчески переулок, Студенчески урам — 1-мĕш çуртран пуçласа 23-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 48-мĕш çурта çитиччен, Маяковский урамĕ, Бассейнăй урам, Ярмарка площачĕ, Колхознăй, Базарнăй урамсем, Пушкин тата Байдуков урамĕсем, Базарнăй, Байдуков, Дачнăй, Пушкин переулокĕсем, Металлистсен переулокĕ.

### 17-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ — çичĕ çул вĕренмелли 12-мĕш шкул, Коммунальнăй слобода урамĕнчи 23-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Ворошилов урамĕ — 36-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 41-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Односторонка Горшечнăй урам — 14-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Осоавиахим урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа 19-мĕш çурта çитиччен, Интернациональнăй урам — 1-мĕш çуртран пуçласа 43-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 34-мĕш çурта çитиччен, Набережная Трусиха урамĕ — 2-мĕш çуртран пуçласа 12-мĕш çурта çитиччен, Совхознăй урам — 1-мĕш çуртран пуçласа 45-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 34-мĕш çурта çитиччен, Суворов урамĕ — 2-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 15-мĕш çуртран пуçласа 21-мĕш çурт таран, Разин урамĕ — 2-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Пугачев урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа 21-мĕш çурта çитиччен, Репин урамĕ — 19-мĕш çуртран пуçласа 29-мĕш çурта çитиччен, Бакунин переулокĕ, Коммунальнăй слобода урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа 23-мĕш çурт таран.

### 18-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ — «Чебторгин» артелĕн хĕрлĕ кĕтесĕ. Суворов урамĕнчи 27-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Осоавиахим урамĕ — 20-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Интернациональнăй урам — 45-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 36-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Набережная Трусиха урамĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 14-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Суворов урамĕ—1-мĕш çуртран пуçласа 13-мĕш çурта çитиччен тата 23-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Разин урамĕ—1-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Суриков тата Чехов переулокĕсем, Мельничнăй переулок, Инкубаторнăй урам, Репин урамĕ — 2-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, 1-мĕш çуртран пуçласа 17-мĕш çурт таран тата 31-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Васнецов урамĕ, Совхознăй урам — 47-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 36-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Чехов урамĕ, Федотов урамĕ, Пугачев урамĕ — 2-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 23-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Совхознăй переулок, Совхоз площачĕ, Ватутин урамĕ, Короленко урамĕ, Коммунальнăй слобода урамĕ—25-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, «Росглаввино» территорийĕнчи çуртсем, Анатри Сугут тата Тури Сугут урамĕсем.

### 19-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ — «Росглаввино» комбиначĕн клубĕ, Коммунальнăй слобода урамĕнчи 42-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Коммунальнăй слобода урамĕ — 2-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, 2-мĕш Коммунальнăй урам, Садовăй, Зеленăй, Кирпичнăй урамсем, хулари промкомбинатăн кирпĕч завочĕн территорийĕнчи çуртсем, Строительнăй урам, Заводской урам—72-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 77-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Гастелло, Трамплин, Менделеев урамĕсем, Граждански урам — 2-мĕш çуртран пуçласа 6-мĕш çурта çитиччен, Рылеев урамĕнчи 8-мĕш çурт, столовăйсен тресчĕн фермĕ, пединститутăн сăнав участокĕн территорийĕнчи çуртсем.

### 20-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ — 14-мĕш пуçламăш шкул, Добролюбов урамĕнчи 16-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Рылеев переулокĕ — 1-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Куйбышев, Тельман, Добролюбов, Некрасов, Лермонтов, Чкалов, Тимирязев, Грибоедов, Брылов, Шмидт урамĕсем, Полевой урам, Граждански урам 8-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 1-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Островский тата Шолохов урамĕсем, Набережная Сугутки урамĕ, Чайковский, Лев Толстой, Ломоносов, Спартак, Челюскин, Достоевский, Докучаев урамĕсем, Матросов переулокĕ, Георгий Седов урамĕ.

### 21-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—ача çуратмалли çурт, Ярославский урамĕнчи 52-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне ача çуратмалли çуртпа гинекологи больницине кĕртес.

### 22-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—трахоматознăй институт çурчĕ, Сеçпĕл Мишши урамĕнчи 27-мĕш çурт)

Ку суйлав участокне трахоматознăй института, республика больницин хирурги уйрăмне, онкодиспансер стационарне кĕртес.

### 23-МĔШ СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—Чапаевски поселокри пожарнăй депон хĕрлĕ кĕтесĕ)

Ку суйлав участокне çак урамсемпе çуртсене кĕртес: Чкалов урамĕнчи 1, 3, 5, 7, 9, 11, 22-мĕш çуртсене, 7-мĕшпе 10-мĕш чул çуртсене, 24, 23, 25, 30, 31-мĕш бараксене, Киров урамĕнчи 1, 2, 3, 4, 5, 6-мĕш çуртсене, Гаранин çуртне, 22, 10, 9, 26, 28, 32, 11, 8-мĕш бараксене, йывăçран тунă 22-мĕш çурта, 4, 7, 21, 29-мĕш бараксене, чугун çулăн 11-мĕш километрĕнчи çурта, лесник çуртне, Анатрипе Тури Грабарьсене, хушма хуçалăха, 5-мĕш барака.

### 24-МĔШ СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—Чапаевски поселокри «30 лет ЧАССР» ятлă клуб)

Ку суйлав участокне çак урамсемпе çуртсене кĕртес: Калинин тата Радищев урамĕсем, Лесной переулок, Мичурин, Димитров, Жданов урамĕсем, Садовăй урам, Куйбышев урамĕнчи 2, 4, 6, 8-мĕш çуртсем, 8-мĕш чул çурт, ача сачĕ, пожарнăй команда, Севернăй урам, 4-а номерлĕ çурт, известь хуçалăхĕ, столовăй, шкул, 23-мĕш çурт, Кольцевăй урам, Заводской, Комсомольски, Первомайски урамĕсем, лашасем уранă çĕрти çуртсем, мунча. 20, 16, 15, 14, 13, 12, 19, 18, 17-мĕш бараксем тата хушма хуçалăх çурчĕсем.

### 25-МĔШ СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—Сосновкăри 8-мĕш вăтам шкул)

Ку суйлав участокне çак урамсене кĕртес: Калинин урамĕ, Набережно-затоннăй урам, Обводнăй урам, Крайняя урам, Молотов переулокĕ, Приверхпа перевоз пристанĕсем. Сталин урамĕ, Молотов урамĕ, Мичурин урамĕ, Спортивнăй урам, Луговăй урам, Нагорнăй урам—1-мĕш çуртран пуçласа 13-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 16-мĕш çурта çитиччен, Анатри Нагорнăй урам—1-мĕш çуртран пуçласа 12-мĕш çурта çитиччен, Вăрманпромартель территорийĕнчи общежити, Карл Маркс урамĕ—1-мĕш çуртран пуçласа 15-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 16-мĕш çурта çитиччен, Киров урамĕ—2-мĕш çуртран пуçласа 20-мĕш çурта çитиччен тата 3-мĕш çуртран пуçласа 29-мĕш çурта çитиччен, Новăй урам—1-мĕш çуртран пуçласа 13-мĕш çурта çитиччен тата 2-мĕш çуртран пуçласа 8-мĕш çурта çитиччен, Заводскойпа Кузнечнăй урамсем, Кузнечнăй переулок, Киров ячĕпе тăракан площадь, Шкул переулокĕ. Биржа урамĕ, Берия урамĕ. 72-мĕш кварталти çуртсем, больница, Первомайски вăрман участокĕнчи лесничество çурчĕсем, автотранспорт кантурĕн общежитийĕпе рабочисен çурчĕсем, «Главлеслегпром» мехлесопункчĕн çурчĕсем, вăрман хими артелĕн поселокĕ.

### 26-МĔШ СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—Атăл леш енчи электростанцин клубĕ)

Ку суйлав участокне çак урамсемпе çуртсене кĕртес: Новăй урам—12-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 17-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Карл Маркс урамĕ—21-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 22-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, трест общежитийĕ, Октябрьски урам, Нагорнăй урам—17-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 20-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Анатри Нагорнăй урам—13-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, Ленин урамĕ, Киров урамĕ—22-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен тата 31-мĕш çуртран пуçласа вĕçне çитиччен, пахча симĕç типĕтекен сушилка, Атăл леш енчи электростанцин общежитийĕ, 1, 6, 3, 4-мĕш çуртсем, Чернышев урамĕ, Пушкин урамĕ, Сосновски переулок, Атăл леш енчи электростанцин 7-мĕш общежитийĕ, 16 хваттерлĕ çурт, Пролетарски поселок, Сосновка торфоучастокĕ, Константин Иванов урамĕ, Некрасов урамĕ, Джамбул урамĕ, Маяковский урамĕ, Комсомольски, Восточнăй, Тихăй урамсем, Атăл леш енчи торф предприятийĕн общежитийĕ, Атăл леш енчи электростанцин 7-а тата 7-б общежитийĕсем, 108-мĕш участокри çуртсем, Атăл леш енчи электростанци территорийĕнчи çуртсем, Атăл леш енчи санаторнăй ача çурчĕ, ача çурчĕ патĕнчи поселок.

### 27-МĔШ СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—торфопредприяти клубĕ)

Ку суйлав участокне çак урамсемпе çуртсене кĕртес: торфопредприятин центральнăй поселокĕнчи общежити, Озернăй, Железнодорожнăй, Чурочнăй урамсем, Суходолпа вăрман хуçалăх поселокĕ, Песочнăй, Перво-затоннăй урамсем, çул сыхăхĕнчи лесник çурчĕ, Перевознăй тата Колхознăй урамсем, Шупашкар вăрман хуçалăхĕн çурчĕсем, учительсен канмалли çурчĕ, торфопредприяти землянкисем, вăрманти шкул, Кувшинка поселокĕ, Промстрахкассăн канмалли çурчĕ, Водопьянов ячĕпе тăракан тата Ленин ячĕпе тăракан колхозсен арманĕсем, вăрманти 269-мĕшпе 182-мĕш кварталсенчи çуртсем.

### 28-МĔШ СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—13-мĕш кварталти клуб)

Ку суйлав участокне 4, 11, 13 55, 56, 57, 69-мĕш кварталсенчи çуртсем, Березовски, Лебедински, Иньярски лесник çурчĕсене кĕртес.

### 29-МĔШ СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—Приволжски вăрманпромхозĕн 1-мĕш вăрман участокĕнчи клуб)

Ку суйлав участокне вăрманти 46-мĕшпе 60-мĕш кварталсенчи çуртсене, Эльдеевски лесник çуртне, Приволжски вăрманпромхозăн 1-мĕшпе 2-мĕш вăрман участокĕнчи çуртсене кĕртес.

### 30-мĕш СУЙЛАВ УЧАСТОКĔ

(Центрĕ—165-мĕш кварталти вăрман участокĕн кантурĕ)

Ку суйлав участокне çаксене кĕртес: Куйбышев ячĕпе тăракан артель поселокĕ, 4-мĕш склад, Красностолбински лесник çурчĕ, 82, 106, 171, 52-мĕш кварталсенчи смола тăвакан вырăнсенчи çуртсем, «Парат» артелĕн поселокĕ, вăрманти 70, 90, 91-мĕш кварталсенчи çуртсем, Кинярски лесник çурчĕ, Çутă кӳлĕ территорийĕнчи çуртсем, Мукшум поселокĕ тата коопхоз пулнă çĕрти çуртсем, Амаксарти лесник çурчĕ, Йшлей вăрманпромхозĕн вăрман участокĕнчи, Мари вăрманпромхозĕн Криушри сулă хатĕрлекен участокĕнчи çуртсем, Криушри лесник çурчĕ. Приволжски вăрманпромхозăн Криушри вăрман участокĕнчи, 114, 192, 194-мĕш кварталсенчи çуртсем, Октябрьски тата Раменски лесник çурчĕсем.

Ĕçсынни депутачĕсен Шупашкар хула Совет исполкомĕн председателĕ **Н. ЕНЧИКОВ.**

Ĕçсынни депутачĕсен Шупашкар Хула Совет исполкомĕн секретарĕ **А. МЫШКИНА.**

1952 çулхи декабрĕн 25-мĕшĕ.

## И. В. Сталин юлташăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем“ ятлă произведенине вĕренесçĕ

ВĂРНАР. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенине вĕренесси районта сарăлсах пырать.

КПСС райкомĕ çумĕнчи каçхи партшкулта аслă çулпуçăн çĕнĕ ĕçне вĕренӳ программине кĕртнĕ. Халĕ кунта ку произведени тăрăх лекцисем ирттересçĕ.

Чылай коммунистсем Сталин юлташăн çĕнĕ ĕçне харпăр хăй тĕллĕн вĕренесçĕ. Кĕçĕн Кипекри вăтам шкулта вĕрентекен учительсем ку тĕллĕшпе пысăк ĕçсем турĕç. Шкул директорĕ В. Захаров коммунист Сталин юлташăн ĕçне тарăннăн вĕренме тăрăшать. Вăл ку произведени тăрăх тĕплĕ конспект çырнă. Маркcăн «Капитал» кĕнекин уйрăм сыпăкĕсене, Энгельсăн «Анти-Дюринг», Маркcăн «Критика Готской программы» произведенийĕсене, Сталинăн «Ленинизм ыйтăвĕсем» кĕнекине тепĕр хут пăхса тухнă. Çакă ăна Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă кĕнекинче партнă ыйтусене лайăхрах ăнланма май панă.

Сталин юлташăн çĕнĕ ĕçне вĕренес тĕлĕшпе С. Федоров, А. Кузьмин тата ытти коммунист-учительсем те тимлĕн ĕçлесçĕ. Шкулти парторганизаци Сталин юлташăн произведенине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене пулăшма уйрăм темăсем тăрăх юлташла калаçусем ирттерессине йĕркеленĕ. Халĕ кунта «И. В. Сталин экономикăллă аталану законĕсен объективлă характерĕ çинчен», «И. В. Сталин социализмран майĕпен коммунизма куçмалли малтанхи тĕп условисем çинчен» тата ытти темăсем тăрăх та юлташла калаçусем ирттернĕ.

Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене пулăшас шутпа КПСС райкомĕн библиотекинче ку ĕç тăрăх чылай лекцисем пулассĕ. Сталин юлташ ĕçне харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем «И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ — марксизм-ленинизм теорине кăнă пуянлăх», «И. В. Сталин социализмран майĕпен коммунизма куçмалли малтанхи тĕп условисем çинчен» тата ытти темăсем тăрăх ирттернĕ лекцисене пысăк интереспа итленĕ.

Сталин юлташăн çĕнĕ ĕçне ăнлантарас тĕлĕшпе районта лекцисем вуласси лайăхланса пырать. Аслă çулпуçăн гениллĕ ĕçĕнчи уйрăм ыйтусем тăрăх, пур колхозсемпе предприятисенче те 2—3-шер лекци ирттерме ĕнтĕ. Лекцисене парти райкомĕн штатра тăман лекторĕсемпе ялсенчи лекторсем вуласçĕ.

**П. ТИХОНОВ.**

# Учительсем вĕрентсе хатĕрлес ĕçе лайăхлатмалла

А. Егорова юлташ, 1951 çулта Чăвашсен учительски институтĕнчен вĕренсе тухнă хыççăн, иккĕмĕш çул ĕнтĕ Сĕрпÿ районĕнчи Туçири çичĕ çул вĕренмелли шкулта физикăпа математика вĕрентекен учительница пулса ĕçлет.

Çамрăк специалист хăй çине хунă пысăк шанăçа тÿрре кăларма тăрăшать, урoксем ирттерме тимлĕн хатĕрленет, вĕренекенсене лайăхрах пĕлÿсем пама ĕмĕтленет. Анчах класри ĕçсем лайăхланса пыни туйăнмасть, аслă классенче вĕренекенсем физикăпа математикăна çителĕксĕр пĕлеççĕ, чылайăшне начар паллăсем пама тивет. Ситменнине тата вĕренекенсем класра хăйсене тĕрĕс тытасшăн мар, учительница асăрхаттарса каланине хăшпĕр чухне итлемеççĕ. Малашне те кун пек пулсассăн, çиччĕмĕш класран вĕренсе тухакансем пирĕн пурнăçра кирлĕ наукăсен—физикăпа математикăн никĕсĕсене пĕлеймесĕр юласси курăнать.

Çакăншăн Егорова юлташа çеç айăплама çук. Час-часах шкул директорĕсем, опытлă педагогсем, çавăн пекех районти сутĕç пайĕ те çамрăк специалистсене педагогикăллă ĕсталăхне ÿстерсе пыма çителĕксĕр пулăшаççĕ. Кунпа пĕрлех вăтам тата çичĕ çул вĕренмелли шкулсем валли учительсем вĕрентсе хатĕрлекен институтсен ĕçĕ паянхи требованисен сÿлĕшĕнче тăраймани çинчен те хытах калама тивет. Чи малтан Чăвашсен педагогика институчĕ тата учительски институт пулас педагогсене практикăллă хăнăху сахал пани çинчен чарăнса тăмалла.

Çамрăк специалистсем урoксене мĕнле ирттернипе паллашсан, чи малтанах сакă курăнать: вĕсем методика положенийĕсемпе усă курнă чухне класри вĕренекенсен коллективĕ мĕнле пулнине тĕплĕн шута илме тăрăшмаççĕ, теориллĕ пĕлĕве практикăллă ĕçпе тачăрах çыхăнтарма пĕлеймеççĕ. Çамрăк учитель урока организацилес ĕçре пирваях хăйне хăй шанчăксăр е кăштах иккĕленÿллĕ тыткаларĕ пулсан, малашне уншăн класа хăйĕн аллине çавăрса илме питĕ йывăр пулать.

Институтсенчен килнĕ çамрăк учительсем хăйсем аслă шкулсенче вĕреннĕ чухне практикăллă ĕçре сахал пулнишĕн тĕрĕссипе ÿпкелешеççĕ. Вĕреннĕ чухне педагогикăллă практикăра отлично е лайăх паллă илнĕ учительсемех халĕ, хăйсем тĕллĕн ĕçлеме тытăнсан, пысăк йывăрлăхсем патне ситсе тăраççĕ. Пирĕн шутпа, педагогика тата учительски институтсенче студентсем педагогикăллă практикăра хальхинчен ытларах пулмалла, шаблон йĕркипе мар, творчествăллă ĕçлеме хăнăхтарасси çине ытларах пăхмалла.

Малашне шкулсенче вĕренекенсене политехникăллă пĕлÿсем парас ĕçе тĕпрен çĕнетсе лайăхлатас задача тăрать КПСС XIX-мĕш съезчĕ СССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче çакăн пек программа кăларса тăратрĕ: «Пур енĕпе те пĕлÿ паракан шкулăн социализмлă воспитани парас ĕçне малалла лайăхлатас тата вăтам шкултан вĕренсе тухакансене професси ирĕклĕн суйласа илме условисем туса парас тесе, вăтам шкулта политехникăллă вĕренĕве пурнăçлама тытăнмалла тата пур çĕрте те политехникăллă вĕренĕве куçма кирлĕ мероприятисем туса хатĕрлемелле».

Парти директиви сутĕç работникĕсене пирĕн шкулсенче уйрăмах физикăпа математика, химипе биологи наукисен никĕсĕсем çинчен вĕрентес ĕçе тĕпрен лайăхлатма, вĕреннине практикăллă ĕçпе çыхăнтарма хушать. Пурнăçлатпăр-и-ха эпир çак кăтартăва? Тÿрриçех йышăнас пулать—ытла та çителĕксĕр. Ăна çак тĕслĕх те çирĕплетсе парать.

Районти вăтам шкулсенчен иртнĕ çуркунне вĕренсе тухнă чылай çамрăксем пысăк хуласенчи техникăллă пĕлÿсем паракан аслă шкулсене кайма шутларĕç. Инженер ячĕ пирĕн сĕршывра питĕ пысăк хисепре. Анчах аслă шкулсене ĕренме кĕмелли экзаменсене тытаймасăр çамăйăшĕ каялла таврăнчĕç. Пурин те пĕр ответ: «Ун пек институтсене кĕме пирĕн пĕлÿ çитмест, требованисем питĕ пысăк».

Çавăншăн кам айăплă? Паллах ĕнтĕ, пирĕн шкулти учительсен коллективĕсем, сутĕç работникĕсем. Вĕренекенсене теори ĕлĕшĕнчен нумай енлĕ пĕлÿсем парассишĕн тăрăшнă пек пулса, эпир аслă Ленинăн çакăн пек кăтартăвне манса кайтăмăр: «Практикăллă пĕлÿ пулмасан нихăш шкул та, нихăш университет та нимĕне тăмасть». Пире наука наукăшăн çеç пулни мар, çутçанталăка, обществăна улăштармалли наука кирлĕ.

Пирĕн шкулсен ĕçĕнчи чи пысăк çитменлĕх вăл—класри теориллĕ вĕренĕве пурнăçри практикăллă ĕçсемпе, ыйтусемпе çыхăнтарма пĕлменни. Пĕр тĕслĕх илетĕп. Вуннăмĕш класра электричество çинчен вĕрентеççĕ. Электричество çинчен теори енчен кăна мар, практикăпа çыхăнтарса вĕренни нумай специальноçсене вĕренсе алла илме çул уçса парать. Анчах вуннăмĕш класран вĕренсе тухнисем хушшинче пурнăçри электротехникăпа хăйсем тĕллĕн усă курма пĕлекеннисем ытла та сахал-çке? Пытарма çук, хăшпĕрисем практикăри электротехникăна шкулта 4—5 çул çеç вĕреннĕ шофер чухлĕ те пĕлеймеççĕ.

Çавăншăн пирĕн институтсене хытах ÿпкелес килет. Вĕсем физикăпа математика, биологипе химипе факультечĕсенчи студентсене социализмлă промышленность тата ялхуçалăх производствисемпе теориллĕ майпа çеç паллаштараççĕ. Практикăллă пĕлÿ илеймен специалист вĕренекенсене нимĕнех те пама пултараймасть.

Статья пуçламăшĕнче асăннă Егорова учительница тата ытти хăшпĕрисем те физикăпа вĕрентнĕ чухне лабораторире опытсем тума приборсем сахал пулнишĕн пăшăрханаççĕ. Чăн та, пирĕн шкулсенче приборсем сахал. Анчах физикăпа математика факультетĕнчен вĕренсе тухнă специалист, хăй пикенсен тата çав ĕçе вĕренекенсене явăçтарсан, физика законĕсем çинчен ăнлантармалли çăмăлрах приборсемпе модельсем тума пултараймасть-и? Пултармалла, анчах институтра вĕсене ун пек тума вĕрентмен, халĕ те вĕрентмеççĕ.

Шкулта вĕренекенсене коммунистла воспитани парас ĕçре комсомолпа пионер организацийĕсем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Анчах пирĕн институтсем пулас учительсене çамрăксен коммунистла организацийĕсене ертсе пырассипе çиелтен çеç паллаштараççĕ. Ахальтен мар ĕнтĕ, иртнĕ çулла Чăвашсен учительски институтĕнчен вĕренсе тухнă В. Михайлова юлташ, халĕ Кăшаркассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулти пионер организацин аслă вожатайĕ пулма уйăрса лартнăскер, тата ыттисем те вĕсене комсомолецсемпе пионерсем хушшинчи ĕçе организацилесси çинчен институтра сахал вĕрентнĕшĕн хытă ÿпкелешеççĕ.

Чăвашсен педагогика тата учительски институчĕсенче студентсене идеологиллĕ воспитани парас ĕçĕн шайĕ паянхи задачăсен сÿлĕшĕнче тăраймасть. Çамрăк специалистсен политикăллă пĕлĕвĕ çителĕксĕр пулни те ун çинчен лайăх çирĕплетсе парать.

Институтсем вырăнти шкулсемпе тачă çыхăну тытни, уйрăмах хăйсем вĕрентсе хатĕрленĕ учительсен практикăллă ĕçĕпе интересленни асăннă çитменлĕхсене пĕтерме пулăшăччĕ. Пирĕн институтсем çавăн пек çыхăнăва çирĕплетме тăрăшнине кăтартакан тĕслĕхсене курма çук-ха.

Чăвашсен педагогика тата учительски институчĕсенче çамрăк кадрсем хатĕрлес ĕçри çитменлĕхсене сутĕç работникĕсен республикăри канашлăвĕсенче критиклерĕç. Çав критикăна йышăнса илсе, çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнни кирлĕ.

**В. ПРОХОРОВ,**
Сĕрпÿ районĕнчи сутĕç пайĕн заведующийĕ.



Йĕпреç вăрманпромхозĕн Черноречински автоçулĕ тăрăх автомашинăсемпе йывăç турттараççĕ. Çĕнĕ кварталсенче вăрман касма тытăннă май, автоçул вăрăмлансах пырать. Çул çинчи юра тасатнă чухне тата çĕнĕ çул тунă чухне бульдозерсемпе усă кураççĕ.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Дубравнăй вăрман участокĕнчен квартала çÿреме çĕнĕ çул тăваççĕ. Бульдозер çула тикĕслет.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# Суту-илÿри çитменлĕхсене пĕтермелле

Пирĕн сĕршывра халăха валли кулленхи кирлĕ таварсем туса кăларасси тата тавар çаврăнăшĕ çулленех ÿссе пырать. Паллах ĕнтĕ, советлă суту-илÿ пирĕн Ишлей районĕнче те саралса тата лайăхланса пырать. Анчах ку ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур-ха, çав çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле.

Райсоюз правленийĕ (председателĕ Е. Артемьева юлташ) суту-илÿ работникĕсен социализмлă ăмăртăвне тивĕçлипе организацилемен, вĕсен ĕçри ответлăхне ÿстерессишĕн çине тăрса ĕçлемест. Çавăн пирки райсоюз тавар çаврăнăшĕн планне кварталтан квартала тултарса пыраймасть. Мамăш, Хыркасси ялповĕсем тата Ишлейри раймаг начар ĕçлеççĕ. Вĕсем 1952 çулхи тавар çаврăнăшĕн планне пурĕ те 76—94 процент çеç тултарнă. Райсоюз системинчи лавккасемпе магазинсенче сутма палăртнă 600 пин тенкĕлĕх тавара, тĕрлĕрен сăлтавсем тупса, Чăвашпотребсоюзăн Шупашкарти базинчен кÿрсе килмен. Çав тавара урăх районсене парса янă.

Чăвашсоюзăн тавар турттармалли автомашинăсем сахал мар, вĕсемпе хула çывăхĕнчи районсене таварсем вăхăтра çитерсе пама май пур. Анчах ку ĕçе тумаççĕ. Райсоюз правленийĕ те тавар кÿрсе килме вăхăтра транспорт тупма тăрăшмасть.

Райсоюзпа ялпосем 1952 çулта суту-илÿрен тупăш илеймен, 210 пин тенкĕ ытла тĕрлĕ тăкаксем курнă. Растратăсемпе çаратусем те чылай пулнă. Çакăншăн айăплисене ответ тыттарма райсоюз правленийĕ те, районти прокуратура та сахал тăрăшнă. Хыркассипе Мамăшри ялпо работникĕсем растратчиксене хăйсем пытарса тăни те пулнă. Хыркассинчи ялпо столовăйĕнче Ставская буфетчица 1952 çулхи июнь уйăхĕнчех 1.500 тенкĕ растрата тунă, анчах ăна халĕ те суда паман, унтан çав укçана шыраса илмен. Мамăш ялповĕнче ĕçлекенсем те растратчиксене пытарса хăварас çул çине тăнă. Медяков хушаматлă çын ялпо укçине 950 тенкĕ хăй çумне чикнĕ те ялтан тухса тарнă. Ăна шыраса тупма çиййĕнчех мерăсем йышăнман. Тепĕр вырăнта преступлени тунă хыççăн тин ăна тытнă.

Чылай магазинсемпе лавккасене хутса ăшăтмаççĕ, унта тасалăх çук. Уйрăмах ялсенчи лавккасенче ĕçлекенсем суту-илÿ вăхăчĕпе тĕрĕс усă курмаççĕ. чылай çĕрте лавккасем кунĕ-кунĕпех питĕрĕнсе тăраççĕ.

Магазинсемпе лавккасенче обязательнăй минимумпа пăхнă чылай таварсене тупма çук. Хыркасси ялповĕ Шупашкарпа Етĕрне хушшинчи çул çинче, Шупашкартан инçе мар. Çапах та кунти лавккасенче краççын, тăвар, тĕрлĕрен савăт-сапа, шăл тасатмалли щетка тата порошок час-часах пулмаççĕ. Ишлей ялповĕн райцентрти магазинĕнче минимумпа пăхнă таварсен çур пайне те тупса илме çук. Ишек ялповĕн правленийĕ (председателĕ Одеряков юлташ) краççын, тăвар, чей тата кĕнеке сутас ĕçе хакламасть, Ишлей ялповĕн Мемешри уйрăмĕнче хура тĕслĕ пусма тавар тем чухлех, çав вăхăтрах шурă тĕслĕ пусма тавар çук, ытти лавккасенче вара çавăн пек пусмасем нумай.

Суту-илÿ ĕçĕнче ĕçлекенсем мĕнле таварсем хăш вăхăтра кÿрсе килмеллине шута илмеççĕ. Нумай пулмасть лавккасене «вишневый напиток» питĕ нумай илсе килчĕç, çак напитока çуллахи вăхăтра кунта сайра хутра çеç курма пулатчĕ. Çавăн пекех çулла хĕллехи тумтирсем, хĕлле — çуллахи тумтирсем илсе килеççĕ, çавăнпа вĕсем темиçе уйăх хушши сутăнмасăр выртаççĕ. Ахальтен мар ĕнтĕ 1952 çулхи 10 уйăх хушшинче кăна складсемпе лавккасенче таварсен юлашкийĕ планпа пăхнинчен 3.765 пин тенкĕ ытларах пулни палăрнă. Кайман таварсем Ишлей тата Хыркасси ялповĕсен ларекĕсенче уйрăмах нумай.

Райсоюзпа ялпосен ĕçĕнчи тепĕр пысăк çитменлĕх — кооперацине çĕнĕ членсем илес, член укçи пухас ĕçе кирлĕ пек йĕркелеменни. Хальхи вăхăтра, тĕрĕссипе илсен, хăш ялпо миçе çынна пĕрлештерсе тăнине, кам мĕн чухлĕ член укçи тÿленине никам та тĕплĕн каласа пама пултараймасть. Член укçи пухассине продавецсем урлă çеç туса пыраççĕ. Çапла ĕçленине пула райсоюзпа ялпосем кооперацие çĕнĕ членсем илмелли тата член укçи пухмалли плана 60 процент кăна тултарнă.

Столовăйсемпе пекарньăсен ĕçĕнче те пысăк çитменлĕхсем пур. Ишлейри пекарньăре çăкăр начар пĕçереççĕ. Столовăйсенче апат-çимĕç çителĕксĕр. Райсоюз район центрĕнчи апат-çимĕç магазинĕнче çĕрулми, сухан, купăста тата ытти пахча çимĕçсем сутас ĕçе йĕркелемен.

Сакăнта асăннă тĕслĕхсенчен Ишлей районĕнче суту-илÿ ĕçне тĕпренех лайăхлатни кирли курăнать.

**В. ЧЕРНОВ.**

## Культурăпа çутĕç работникĕсен семинарĕ

СОВЕТСКИ. Кунта вулав çурчĕсен, клубсен, библиотекăсен заведующийĕсен семинарне ирттерчĕç. Семинарта Долгов юлташ «Лектори ĕçне мĕнле йĕркелемелле», МТС директорĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ Алянов юлташ «Ялхуçалăх механизаторĕсем хушшинче культурăллă-массăллă ĕçе йĕркелесси», Никитин агроном «Хĕллехи вăхăтра ялхуçалăх ĕçченĕсем хушшинчи культурăллă-массăллă ĕç» темăсем тăрăх докладсем туса пачĕç.

**М. ШВЕЦОВ.**

*Редакцине килнĕ çырусем*

# Хĕрача ашшĕне шырать

Сентябрĕн 1-мĕшне Вера савăнăçлăн кĕтсе илнĕ. Вăл хăйĕн тантăшĕсемпе пĕрле 2-мĕш класа вĕренме кайнă. Шкулта ăна учительсем ăшăллăн йышăннă, илемлĕ, çутă класра тирпейлĕ парта хушшине лартнă. Хĕрача, пысăк ĕмĕт тытса, хавассăн вĕренме пуçăннă. Урoксене маттур ответленĕ, лайăх отметкăсем илнĕ.

Анчах Вера хаваслăхĕ нумая пыман. Октябрь уйăхĕнче малтанхи сивĕ кунсем пуçлансан, вăл шкула çÿреме пăрахнă.

— Вера шкула çÿреме пултараймасть, унăн тăхăнмалли çук,—ответленĕ учителе хĕрача тантăшĕсем.

Красноармейски районĕнчи Именкассинчи вăтам шкулта ĕçлекен учительница Татьяна Васильевна Вера пурăнакан «Пятилетка» колхоза пĕрре мар çитнĕ. Çапах та вăл ăçă тумтир çук пирки шкултан пăрахнă хĕрачана пулăшу парас ĕçе йĕркелеме пултарайман.

Колхоз правленинче ун пирки ыйту хускатсан: «Колхоз пулăшу пама пултараймасть: хĕрачан вăйпитти ĕçлекен ашшĕ пур, ăна ашшĕ пăхмалла»,—тенĕ правлени членĕсем.

Верăн амăшĕ çук. Темиçе çул хушши ĕнтĕ вăл асламăшĕпе пĕрле урăх çын патĕнче пурăнать. Унăн тăван ашшĕ Прокопий Кондратьев 3—4 çул каялла «Пятилетка» колхозра ĕçлесе пурăннă. Унтан вăл сасартăк ялтан тухса кайнă. «Эпĕ Сĕрпÿ хулине каятăп, 3 кунтан сана илме килетĕп, мана кĕтсе пурăн»,—тенĕ ашшĕ Верăна. Хĕрача ашшĕне 3 кун мар, 3 çул та ытла кĕтнĕ, çапах кĕтсе илеймен, унтан çыру та, хыпар та пулман.

— Сан аçу ăçта пурăнать?—тесе ыйтнă учительница.

— Пĕлместĕп. Вăл ялтан тухса кайни 3—4 çул çитет, çапах та вăл мана пĕрре те килсе курман,—тенĕ хĕрача салхуллăн. Вера ашшĕ ăçта пурăнни çинчен ялта никам та пĕлмен. Ку ĕç 1951 çулта пулнă.

Иртнĕ çу кунĕсенчен пĕринче Вера ашшĕ çуралса ÿснĕ тăван колхоза таврăннă. Хĕрача тем пекех савăннă, хавасланнă: «Тинех ĕнтĕ аттепе пĕрле пурăнатăп, вăл мана тумлантарать тата шкулта вĕренме пулăшать»,—шухăшланă Вера. Анчах ĕмĕтленни кăлахах пулнă. Ашшĕ, хăйĕн интересĕпе кăна пурăнма вĕреннĕскер, пĕр кун пурăннă та тепĕр кунне, хĕрачине пăрахса, каллех ялтан тухса кайнă. «Эпĕ тепĕр уйăхран яла пурăнма таврăнатăп»,—тенĕ Прокопий Кондратьев хĕрачине ултавлăн ĕнентерсе. Уйăх хыççăн уйăх иртнĕ. Верăн ашшĕ таврăнман, унтан нимĕнле пулăшу та çук.

1952 çулхи сентябрь уйăхĕнче кÿршĕри ачасем шкула кайнине курсан, Вера каллех, 2-мĕш çул ĕнтĕ, 2-мĕш класа вĕренме кайнă. Кĕрхи сивĕ кунсенче вăл иртнĕ çулхи сăлтавсемпех каллех шкула çÿреме пăрахнă. Шкул дирекцийĕ ăна урана тăхăнмалли те илсе панă. Анчах хĕллехи сивĕ çанталăкра ăшă тумтирсĕр пурпĕрех шкула çÿреме çук. Шкулĕ—пĕр çухрăмри ялта.

Хĕрача тата шкул дирекцийĕ умне çакăн пек ыйту тухса тăрать: ăçта пурăнать Вера ашшĕ? Мĕнле туйăмсăр çын вăл, хăй ачине улталаса, пăрахса хăварса çÿрекенскер?

Вера ашшĕ—Прокопий Кондратьев Урачăк МТС-ĕнче тракторист пулса ĕçлет. Вăл Урачăк районĕнчи Анатри Тĕрер ялĕнче пурăнакан Ф. хушаматлă хĕрарăмпа мăшăрланнă.

Эпир судпа прокуратура органĕсем хĕрачана тăван ашшĕнчен пулăшу илмелле тăвассине тата ачине темиçе çул хушши улталаса, пĕччен тăратса хăварса, вăрттăн тарса çÿрекен ашшĕне ответ тыттарасса шанатпăр.

**А. ГУРЬЕВ.**

## Колхозра йĕркелĕх пулмалла

Хальхи вăхăтра нумай колхозсем çитĕнÿ хыççăн çитĕнÿ туса малалла аталанса пыраççĕ. Пирĕн Çырмапуç ял Советĕнчи «Дружба» колхоз çулсеренех юлса пырать. Колхоз хуçалăхне çирĕплетсе пырас тесе чунтан ĕçлесен, колхозниксемпе кăмăллă пулса ĕçе тĕрĕс организацилесе ертсе пырсан, паллах, пирĕн ĕçре те çитĕнÿсем пулнă пулĕччĕç. Анчах пирĕн колхоз правленийĕн председателĕ П. Алексеев тата колхозри парторганизацин секретарĕ А. Семенов юлташсем колхоза малалла яма тăрăшни курăнмасть. Сăмахран, А. Семенов юлташ фермăсен заведующийĕ пулса ĕçлет пулин те вылăх-чĕрлĕх çине сахал пăхать.

Витесене юсаман пиркиех 1951 çулхи хĕлле выльăх-чĕрлĕх чылай вилчĕ. Халĕ те çавăн пекех.

П. Мочалов бригадир колхозниксем çине кутăнланса пăхать. Колхозниксене, уйрăммăнах, колхозницăсене вăл кирекçăр сăмахсемпе кÿрентерет, хăйне-хăй капăйчăкла тыткалать, ыйтса ĕçме юратать. Ĕç тума лаша кирлĕ пулсан, Мочалов юлташа малтан эрех ĕçтерес пулать, вара тин лаша тытма юрать. Хирĕç чĕнсен хăратма пăхать. «Эпĕ партиец, мана никам та нимĕн те тума пултараймасть», тет.

1951 çулта колхоз председателĕ П. Алексеев юлташ колхоз пурлăхĕпе выляни çинчен тата колхозри ĕçсем пирки районти хаçатра çырнăччĕ. Анчах ку тарана çитсе те улшăнусем пулмарĕç.

Сĕрпÿ районĕнчи «Дружба» колхоз членĕсем: **СЕМЕНОВ, ГАВРИЛОВ, АНДРЕЕВ.**

*„Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн*

## „Колхоза ертсе пырассине лайăхлатмалла"

Ноябрĕн 12-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленсе тухнă «Колхоза ертсе пырассине лайăхлатмалла» ятлă çырура Калинино районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозра ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсса ĕçлени çинчен çырнăччĕ. Унти çавăн пекех колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизаци ĕçĕсенчи çитменлĕхсене кăтартса панăччĕ.

КПСС Калинино райкомĕ пĕлтернĕ тăрăх «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленсе тухнă корреспонденцие парти райкомĕн бюро ларăвĕнче сÿтсе явнă. Çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăннă.

## „Кузнецов критикăна хĕсет"

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра 1952 çулти декабрĕн 17-мĕшĕнче пичетленсе тухнă «Кузнецов критикăна хĕсет» ятлă корреспонденци пирки КПСС Йĕпреç райкомĕн секретарĕ М. Рябчиков юлташ çапла пĕлтерчĕ:

Корреспонденцире кăтартса панă фактсем пурте тĕрĕс.

КПСС райкомĕн бюровĕ çак корреспонденцие хăйĕн ларăвĕнче сÿтсе явнă, Кузнецов юлташа парти енĕпе хытă ятларĕ тата ăна ĕçрен кăларасси çинчен тивĕçлĕ органсем умне ыйту тăратрĕ.

# Ял Советĕн организациллĕ-массăллă ĕçĕ

Пирĕн Вăрманкас ял Советĕн территорийĕнче икĕ ял. Икĕ ялти хресченсем Хрущев ячĕпе тăракан колхоза пĕрлешнĕ. Ял Советĕнче çичĕ çул вĕренмелли шкул, пуçламăш шкул, ялти клуб, фельдшер пункчĕ, трахомăран сыватакан икĕ пункт пур. Колхоз тата ытти учрежденисем ăнăçлă ĕçлесси вĕсене ял Совечĕ тĕрĕс ертсе пыма пултарнинчен килет.

Хуçалăхпа культура строительствине ăнăçлă пурнăçласа пырас шутпа эпир пур ĕçсене те конкретлă тата оперативлă ертсе пыма тăрăшатпăр. Ял Совечĕ умĕнче тăракан задачăсене шута илсе, кашни кварталтах ĕç планĕ тăватпăр. Ĕç планне исполком ларăвĕнче пăхса тухса çирĕплететпĕр. Унта исполком ларăвĕсене, сессисене хăçан пухассине тата вĕсенче мĕнле ыйтусем сÿтсе явассине палăртатпăр.

Ял Совет сессийĕсене кашни уйăхра пĕр хутран кая мар пухатпăр. 1952 çулта 12 хут сесси ирттертĕмĕр. Кунсăр пуçне, исполком ларăвĕсем кашни уйăхра икĕ хутран кая мар пулаççĕ. Вĕсенче пĕтĕмпе 56 ыйту сÿтсе явса тивĕçлĕ решенисем йышăннă. Ыйтусене сÿтсе явма депутатсем хастарлă хутшăнаççĕ.

Сессисене ăнăçлă ирттересси исполкомăн ĕçĕ мĕнле йĕркеленнинчен нумай килет. Эпир çапла тăватпăр: сессисем пуçланиччен депутатсене темиçе кун малтан пĕлтеретпĕр. Депутатсемпе активистсем ĕçсем мĕнле пынине тĕрĕслеççĕ, тĕрĕсленĕ хыççăн материалсене исполкома тăратаççĕ. Кунсăр пуçне, хăш ĕç мĕнле пынине эпĕ хăйса тĕрĕслетĕп. Çапла туни сессире е исполком ларăвĕнче тĕрĕс те усăллă решени йышăнма май парать.

Сессисемпе ларусенче тырпул тухăçлăхне ÿстерессипе çыхăннă ыйтусене ултă хут, обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетесси çинчен—ултă хут, бюджетпа финанс ыйтăвĕсене—ултă хут, халăх сывлăхне сыхлас ыйтусене—тăватă хут, клуб ĕçĕпе культурăллă-массăллă ĕç çинчен—пилĕк хут сÿтсе явнă.

Ял Совечĕ çумĕнче ялании тăватă комисси ĕçлет. Ялании комиссисене активистсем 50 çын ытла. Вĕсем хушшинче — учительсем, колхоз бригадирĕсем, фермăра ĕçлекенсем, колхоз производствинче малта пыракан колхозниксем. Ялти коммунистсемпе комсомолецсем ял Совечĕ кулленхи ĕçре активлă пулăшаççĕ.

Комиссисем организациллĕ-массăллă ĕçре пысăк активлăх кăтартаççĕ, ял Советне хуçалăхпа культура ыйтăвĕсене пурнăçлама нумай пулăшаççĕ. Кашни комиссин план тăрăх ĕçлет. Çав плансене комиссисен ларăвĕсенче çирĕплетеççĕ. Бюджетпа финанс комиссине Василий Федотов депутат ертсе пырать. Федотов юлташ активистсене уй-хир бригадисемпе выльăх-чĕрлĕх пăхакан бригадăсем çумне çирĕплетнĕ. Вĕсем массăллă ăнлантару ĕçне йĕркелеме пулăшаççĕ.

Ял Совечĕ финанс планне кварталтан квартала ирттерсе тултарать, 1952 çулти тăваттăмĕш квартал планне декабрĕн 3-мĕшĕ тĕлне 101,8 процент тултарчĕ. Бюджетпа финанс комисси членĕсем хăйсем пример кăтартса, ытти колхозниксене государство умĕнчи парăмсене срокчен тÿлесе татма хавхалантарса пычĕç.

Ял Совечĕ хăйĕн бюджетне ăнăçлăн пурнăçласа пырать, ял бюджетĕнче тăракан шкулсене, фельдшер пунктне, ялти клуба яланах вăхăтра укçа-тенкĕ парса тăрать.

Хрущев ячĕпе тăракан колхоза ял Совет депутачĕ Николай Петров ертсе пырать. Колхоз тата колхозниксем государство умĕнчи парăмсене пур чухне те вăхăтра парса татаççĕ. Ял Советĕн яланхи ялхуçалăх комиссийĕ хăйĕн ĕçне лайăх йĕркеленĕ. Колхоз ялхуçалăх çулне ăнăçлăн вĕçлерĕ. Государство умĕнчи мĕнпур обязательствăсене срокчен пурнăçларĕ. Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана пур йышши выльăх енĕпе те ирттерсе тултарнă, выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăша чылай ÿстернĕ. Сăмахран, 1952 çулхи 11 уйăх хушшинче ĕне ферминче кашни ĕнерен 1.273-шер литр сĕт суса илнĕ. Колхозри пахалла доярка Ульяна Галкина 14 ĕнерен 1.540-шер литр сĕт илчĕ. Сысна ферминче 10 çул ĕçлекен София Данилова кашни амаран 12,8 çура илчĕ. Обществăллă выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерни фермăсен тупăшне хăпартать, çавна май колхозниксен ĕçкунĕн хакĕ те ÿсет. Колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх аш-какай, сĕт, çăм валеççе пама палăртнă.

Кăçал колхоз сысна вити, сурăх вити лартрĕ. Выльăх-чĕрлĕх валли 372 тонна силос, çителĕклĕ утă-улăм, тымарçимĕç хатĕрлерĕ.

Колхоз çитес çул пысăк тухăçлă тырпул туса илес тесе, 425 гектар çинче кĕрхи сĕртме сухи туса хăварчĕ, 339 гектар çине ыраш пĕтĕмпех сортлă вăрлăхпа акрĕ, çитес çуракинче акма вăрлăх çителĕклĕ хатĕрлесе хучĕ.

Ял Совет сессийĕсенче тата исполком ларăвĕсенче шкул çинчен тăватă хутчен сÿтсе явнă, шкул валли 220 кубометр вутă турттарса хатĕрленĕ. Вĕренекен тăлăх ачасене вĕренме условисем туса пама тăрăшнă. Ял Совечĕ пуçарнипе колхоз тăлăх ачасене 8 килограмм çăм, 1.800 тенкĕ укçа тата 13 центнер тырă парса пулăшнă. Пирĕн ял Советĕнче шкул тулашĕнче пĕр ача та юлман, халĕ ялти шкулсенче 254 ача вĕренет.

Халăх сывлăхне сыхлас, трахома чирĕнчен сыватас тĕлĕшпе те ял Совечĕ чылай ĕçсем туса ирттернĕ.

Ял Совечĕ культурăллă-массăллă ĕç çинчен те манмасть. Клуб ĕçĕ çинчен сессире клуб заведующийĕн Кошкин юлташăн отчетне итленĕ. Клуб хăйĕн ĕçне план тăрăх туса пырать. Клуб Совечĕ час-часах пухăнать, кружоксен ĕçне йĕркелесси çинчен сÿтсе явать. Лекторсен ушкăнĕн членĕсем 1952 çулта лекцисемпе докладсем 45 ытла тата 200 калаçу ирттернĕ. Ялти клуб çумĕнче драма, юрăпа ташă, литература кружокĕсем ĕçлеççĕ. Клубри библиотекăра 2 пин кĕнеке ытла. Кĕнеке илсе вулакансен шучĕ ÿссе пырать.

Пирĕн колхозниксемпе колхозницăсем тата ялти интеллигенци Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пысăк савăнăçпа кĕтсе илчĕç. Съезд решенийĕсене чи малтан лекторсемпе агитаторсем хушшинче вĕренме тытăнчĕç. Халĕ агитаторсемпе лекторсем клубра, хĕрлĕ кĕтессенче, обществăллă вырăнсенче съезд материалĕсем тăрăх калаçусемпе докладсем ирттереççĕ. Пур çĕрте те, ăçта колхозниксем ĕçлеççĕ, канаççĕ, унта агитаторсем хаçат-журнал вуласа параççĕ.

Клубра съезд материалĕсем тăрăх «Партин XIX-мĕш съезчĕ», «Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план», «Ялхуçалăхĕ çĕнĕ пилĕкçуллăхра», «Партин XIX-мĕш съезчĕ çинчен мĕнле кĕнекесем вуламалла» темăсем тăрăх кĕнекесен выставкисем йĕркеленĕ. М. Гурьев юлташ «Партин XIX-мĕш съезчĕ» темăпа, КПСС райкомĕн ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ М. И. Алексеев юлташ «Ĕç дисциплинине çирĕплетни пилĕк çуллăх плана ăнăçлăн тултарма май парать» темăпа лекцисем вуласа пачĕç.

Агитаторсем агитациллĕ-массăллă ĕçе колхозниксем умĕнче тăракан конкретлă задачăсемпе çыхăнтарса туса пыраççĕ. Çапла майпа ĕçлени результачĕсем куç умĕнчех. Колхоз хуçалăхĕ султан-сул вăйланса пырать.

Колхозниксем халĕ кĕркуннепе хĕллехи вăрман хатĕрлев планне срокчен тултарассишĕн кĕрешеççĕ. Вĕсем вăрман касса хатĕрлемелли плана февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне, каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли тата турттарса кăлармалли плана Совет Çарĕ 35 çул тултарнă кун тĕлне тултарма сăмах пачĕç.

Вăрманта йывăç касакансен тата турттаракансен бригадинче 40 çын. Бригадăна Ф. Федоров коммунист ертсе пырать. Бригада членĕсем ĕçре звеносемпе ĕçлеççĕ. Виктор Филиппов, Михаил Кошкин уйрăмах тăрăшса ĕçлеççĕ. Вĕсем кулленех 2,5—4,5 кубометр йывăç касса хатĕрлеççĕ, Иван Михайлов, В. Катенев, Николай Григорьев колхозниксем те вĕсенчен кая юлмаççĕ. Турттаракансен бригадине Василий Иванов колхозник ертсе пырать. Вăрманта 18 çын лашапа йывăç турттараççĕ. Декабрĕн 28-мĕшĕ тĕлне 113 фестметр йывăç каснă, 279 фестметр турттарса тухнă.

Колхозра виççĕмĕш çул ĕнтĕ агротехникăпа зоотехника курсĕсем ĕçлеççĕ. Агротехника курсне МТС агрономĕ Егоров, зоотехника курсне биологи учителĕ М. Петров юлташсем ертсе пыраççĕ. Курссенче 80 колхозник вĕренет.

Çапла организацилесе пырать ял Совечĕ ялти хуçалăхпа культура строительствинчи ĕçсене. Ял Совечĕ хăйĕн ĕçĕнчи çитĕнÿсемпе лăпланса лармасть, мĕнпур ĕçсыннисене партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçлама мобилизацилес енĕпе тимлĕ ĕçлет.

**Г. МАТВЕЕВ,**
Вăрнар районĕнчи Вăрманкас ял Совет исполкомĕн председателĕ.

# Тĕнчери лару-тăру

## ХАЛĂХ ДЕМОКРАТИ ÇĔРШЫВĔСЕМ ТУНА ÇИТĔНÜСЕМ

Польша, Венгри, Чехословаки, Румыни, Болгари тата Албани халăхĕсем империализмла чуралăхăн сăнчăрĕсене ĕмĕрлĕхех татса ывăтрĕç, социализм строительствин çулĕ çине тăчĕç. Çав çĕршывсенчи халăхсемшĕн иртнĕ 1952 çул вĕсен экономикипе культуринче çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе, ĕççыннисен пурнăç условийĕсене лайăхлатнипе, мир, демократипе социализмăн лагерĕнче тăванла килĕштерсе ĕçлессине тĕреклетнипе паллă пулчĕ. Совет Союзĕ ырă кăмăлпа пулăшса пынине пула çав çĕршывсем жанчăклăн та çирĕппĕн ÿсĕм çулĕпе пыраççĕ.

Хальхи вăхăтра тĕнчере ҫаталанăвăн икĕ çул-йĕрне илсе пăхас пулсан, çак факт палăрса тăрать: 1952 çулта Европăри 6 халăх демократи çĕршывĕнчĕ промышленность производстви 20 процент ÿснĕ. Европăри капитализмла 6 çĕршывăн вара (Франци, Бельги, Голланди, Австри, Греци тата Люксембург) ку çул промышленность производстви пĕр вырăнта тăнипе паллă пулса тăрать. Вăл çĕршывсенче промышленность производстви çулталăк хушшинче... 0,8 процент чухлĕ ÿснĕ. Ку ÿсĕме те çар промышленноçне вăйлатнипе кăна туma пултарнă.

Польшăри, Румынири, Венгрири, Чехословакири, Болгарири, Албанири ĕççыннисем çĕнĕ çула производство планĕсене, çĕнĕ заводсем, каналсем, пурăнмалли çуртсем, шкулсем, больницăсем тумалли плансене срокчен тултарни çинчен, ялхуçалăхне аталантарас тата çĕмĕтсе улăштарас ĕçре, наукăпа культура енĕпе çĕнĕ çитĕнÿсем туни çинчен пиншер рапортсем пайипе кĕтсе илнĕ. Польшăри социализмла промышленность 1952 çултах 1953 çул валли палăртнă шай патне çывхарнă. Польшăри тата ытти халăх демократи çĕршывĕсенчи социализмлă индустри тунă çитĕнÿсем çакăн пек фактсемпе палăрса тăраççĕ.

Буржуалла-помещикла Польшăра экономика чи вăйлă аталаннă çулсенче те хурçă шăратса кăларасси 1,4 миллион тоннăран иртмен, 1952 çулта вара, малтанлăха палăртнă сведенисем тăрăх, хурçă шăратса кăларасси 3,3 миллион тонна çитнĕ. Хальхи вăхăтра Висла хĕрринче тăвакан Çĕнĕ Гута ятлă металлурги комбиначĕ кăна вăрçăччен Польшăн пĕтĕм металлургийĕ парса тăнинчен ытларах кокс, чугунпа хурçă парса тăракан пулать. Румынире хальхи вăхăтра 1938 çулхинчен 2,4 хут ытларах хурçă шăратса кăлараççĕ. Çĕршывра çĕнĕ промышленность отраслĕсене—электричество машинисем тăвакан, станоксем тăвакан, тракторсем тăвакан тата ытти отраслĕсене те тунă. Вăл отраслĕсем халĕ ăнăçлăн аталанса пыраççĕ. Пĕчĕк Албанире электроэнерги туса кăларасси иртнĕ çулта вăрçăченхи шайран 10 хут иртсе кайнă.

1952 çулта тунă чаплă çитĕнÿсем халăх демократи çĕршывĕсене социализм строительствин мирлĕ çулĕпе малалла та çĕнтерÿллĕн пыма май параççĕ. Çапла, Румынире 1953 çулта промышленность продукцине 1952 çулхинчен 24 процент ытларах ÿстерме палăртнă. Производство хатĕрĕсем туса кăларасси уйрăмах хытă ÿссе пымалла. Производство хатĕрĕсем тăвасси 28 процент ÿсмелле. Болгарире промышленность продукцийĕн калăпăшĕ 1953 çулта, 1952 çулхипе танлаштарсан, 16 процент ÿсмелле. Венгрири промышленность производстви те çавăн пекех хытă ÿсет.

Халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисем çĕнĕ çула халиччен тунă ĕçшĕн саванса, хавхаланса тата çĕнĕ чаплă çитĕнÿсем тăвассине чунтан шанса кĕтсе илчĕç. Хăйсен çĕршывĕн сăн-сăпачĕ тĕпĕнмелле улшăнса çĕнелнине, пурнăç мĕн тери лайăхланса пынине вĕсенчен кашниех хăйĕн куçĕпе хăй курса тăрать.

Халăх демократи çĕршывĕсен экономики тунă чаплă çитĕнÿсене çакăнпа ăнлантарса пама пулать: экономикăна ĕççынни интересĕсемшĕн аталантарса пыраççĕ, вăл экономика мирлĕ экономика пулса тăрать. Экономика хăйĕн аталанăвĕнче аслă Совет Союзĕ тăванла пулăшса пыни çине, социализм лагерĕнчи мĕнпур çĕршывсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлени тата пĕрне-пĕри пулăшни çине таянса тăрать. Польша, Чехословаки, Венгри, Румыни, Болгари тата Албани халăхĕсем хăйсем палăртнă çултан нисталла пăрăнмасăр малалла кайма, халăх демократи çĕршывĕсемпе Совет Союзĕ хушшинчи тăванла, никам аркатайми туслăха сыхă хÿтĕлеме, пĕтĕм тĕнчери мир ĕçне сыхлама хатĕр пулнине пĕтĕм тĕнчене кăтартса пачĕç ĕнтĕ. Çавăнпа та вăл çĕршывсенчи ĕççыннисем çĕнĕ, 1953 çулта социализм строительствинче çĕнĕ çитĕнÿсем тăвассине шанса тăма пулать.

## АМЕРИКА ИМПЕРИАЛИСЧĔСЕН НОРВЕГИРИ ЧЕЕ ĔÇĔСЕМ

Çĕнĕ вăрçа хатĕрленес тĕлĕшпе США пурнăçласа пыракан çарпа стратеги ĕçĕсенче ют территорисем çинче Америкăн çар, тинĕс-çар тата сывлăш-çар базисене тăвасси паллă вырăн йышăнать. Агрессиллĕ Çурçĕр Атлантика союзĕн ялanхи совечĕ текенскерĕн нумаях пулмасть Парижра пулса иртнĕ сессийĕнче çав базăсене нумайлатасси çинчен сÿтсе явнă. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, США хĕснипе решенисем йышăннă. Вăл решенисенче океан леш енчи империалистсен çар планĕсенче паллă вырăн йышăнса тăракан пунктсенче васкаса çар базисем тумалли çинчен каланă. Норвеги территорийĕ çинче çĕнĕрен çар базисем тăвасси çине уйрăммăнах тимлĕ пăхнă. Америкăри çак ыйтусене лайăх пĕлсе тăракан «Эйр форс» журнал çакна кăтартса парать: Çурçĕр-Атлантика союзĕн планĕсем тăрăх, Норвегире 7 база тумалла. Норвегири «Арбейдербладет» хаçат çапла çырнă: Парижра пулса иртнĕ сессире Норвегире çар сооруженийĕсен строительствин программине йышăннă. Вăл программа тăрăх çар сооруженийĕсем 127 миллион кронăлăх тумалла. Çак укçан чылай пысăк пайне Андей утравĕ çинче аэродром тунă çĕре яма палăртнă.

Миршĕн тата Совет Союзĕпе килĕштерсе пурăнассишĕн тăракан Норвеги халăхĕн анлă сийĕсем ку решенисем пирки хытă пăшăрханаççĕ. Миршĕн чун-чĕререн тăракан мĕнпур çынсем тахçанах пăшăрханса çакна сăнаççĕ: Америка хушнине пурнăçласа пыракан, влаçра тăракан ушкăнсен ирĕкĕпе, Норвеги ытларах та ытларах Атлантика блокĕн агрессиллĕ планĕсене пурнăça кĕртмелли плацдарм пулса пырать. Атлантика блокĕ çумне пĕрлешнĕ хыççăн, Норвеги правительстви Норвеги территорине агрессиллĕ политика интересĕсемшĕн усă курма ирĕк парас çук тата хăйĕн территорийĕ çинче ют çĕршывсен хĕçпăшаллă вăйĕсем валли базăсем пама хушакан килĕшÿсем тунă çĕре хутшăнас çук тесе Совет Союзĕн правительствине панă нотăсенче шантарса каларĕ. Апла пулин те Норвеги шантарса каланă сăмахсене пăсать.

Юлашки виçĕ çул хушшинче Норвегин çурçĕр енче, Совет Союзĕ сывăхĕнче вырнаçнă районсенче çар строительстви тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса иртгернĕ: базăсем, аэродромсем, горючи склачĕсем нумай тунă. Çав районсенче маневрсем иртгернĕ. Норвегири буржуалла хаçатсем те çакна йышăннă: вăрçа çавăн пек хатĕрлени «оборона валли» тунă ĕçсем пулса тăмаççĕ, вăл ĕçсене пĕтĕмпех Çурçĕр Атлантика блокĕн çарпа стратеги планĕ тăрăх туса пыраççĕ. Нумаях пулмасть Норвегин оборона министерстви çĕршыври хĕçпăшаллă вăйсене «реорганизацилесси» çинчен панă сĕнĕве пичетлесе кăларнă. Вăл сĕнÿ тăрăх, «реорганизацин» тĕп шухăшне çапла ăнланмалла: Норвеги çарĕ, тинĕс-çар тата сывлăш-çар вăйĕсем Атлантика блокĕн требованийĕсене тивĕçтерекен пулмалла. Норвегин хĕçпăшаллă вăйĕсен пĕр пайĕ Атлантика блокĕн çурçĕр Европăри командованине тÿрремĕнех пăхăнса тăрать, юлашки пайĕ вара Норвеги командованине пăхăнать. Çарсем çакăн пек пайланса тăнине халĕ çирĕплетсе пыраççĕ. Командующисен заместителĕсем пулаççĕ. Вĕсем Норвегин Атлантика блокĕ валли уйăракан хĕçпăшаллă вăйĕсене хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлемелле.

Норвегири влаçра тăракан ушкăнсен представителĕсем тата вĕсем хĕтĕртсе тăнипе ĕçлекен хаçатсем, ют çĕршыв командованийĕ Норвеги территорийĕпе хуçаланмĕ тата Норвегин «базăсен политикинче» нимĕнле улшăнусем те пулмĕç, тесе суйса шантарса, общественноçа улталама хăтланаççĕ. Анчах фактсем вĕсем çакăн пек шантарса каланисене сирсе яраççĕ. Фактсем çакна кăтартса параççĕ: Норвеги территорийĕ çинче тунă базăсемпе аэродромсене США тÿрремĕнех хушса тăнипе, Америка интересĕсемшĕн, Америкăн çар командованийĕ ертсе пынипе тунă. Халĕ США хăйĕн требованийĕсене пысăклатса пырать. США Норвегири çар базисенче Америкăн хĕçпăшаллă вăйĕсене вырнаçтарма ирĕк пама требовани лартать. Çÿлте асăннă «Эйр форс» журнал уççăнах çапла пĕлтерет: Норвеги çитес вăхăтра хăйĕн территорийĕ çинче авиабазăсем тума Çурçĕр Атлантика союзĕнчен «ыйтма» пултарать. Ку вăл 1949 çулта Совет Союзне панă нотăсенче каланă политикăпа килĕшменнине пĕлтерет. Атлантика блокĕн совечĕн Парижри сессийĕнче Норвегири влаçра тăракан ушкăнсем США хушнипе тунă килĕшĕвĕн шухăшĕ çавăн пек ĕнтĕ. Тÿрĕ кăмăллă кашни çыншăн çакă паллă: базăсене хăшпĕр вăхăт хушши Норвеги базисем тесе шутласан та, вĕсем чăннипе илсен, Америка базисем пулса тăраççĕ.

Америкăн хĕçпăшаллă вăйĕсене Норвегие оккупацилеме май туса парас, Норвегирен агрессиллĕ вăйсен плацдармĕ туса хурас тĕллевпе тытса пыракан политика Норвеги халăхĕн интересĕсене, мире тĕреклетмелли интерессене хирĕç пырать.

## АНГЛИРИ ĔÇÇЫННИСЕНЕ ÇĔНĔ ÇУЛТА МĔН КĔТСЕ ТĂРАТЬ

Çĕнĕ çул умĕн Англири информацин центральнăй бюровĕ экономика çинчен кĕскен çырса пĕлтернине пичетлесе кăларнă, унта Англири экономикăллă лару-тăрăва лайăхлатса кăтартма тăрăшнă. Пурне те паллă тата никам сирсе яма пултарайман фактсене нимĕн вырăнне те хумасăр, экономика çинчен çырса пĕлтерекен автор Англин финанс министрĕ каланă сăмахсене илсе кăтартать. Финанс министрĕ çапла каланă: халĕ Англире база тунă, вăл база çинчен «хăрушсăрлăхпа чечекленĕвĕн тÿпине хăпарма» тытăнма пулать. Ăна тăвас тесен, министр каланă тăрăх, Англирен ют çĕршывсене тавар сутассине, 1951 çулхипе танлаштарсан, 20 процент ÿстермелле. Ку вăл ют çĕршывсене тавар сутассине 1952 çулхи шайран чылай ÿстермеллине пĕлтерет.

Экономика çинчен çырса кăтартнинче çапла каланă: «пĕтĕм тĕнчере ÿссе пыракан конкуренцие, уйрăммăнах Хĕвеланăç Германипе Япони енчен ÿссе пыракан конкуренцие шута илес пулсан», ку вăл çăмăл задача пулмасть.

Англири влаçра тăракан ушкăнсем ют çĕршывсене тавар сутас енĕпе мĕнле майпа наступлени пуçарса яма шутлаççĕ-ха? Англири паллă журналист Гордон Шаффера «Рейнольдс ньюс» хаçатра пичетленĕ статьяра вăл ыйту çине тĕрĕс ответ панă. Вăл çапла çырнă: «Кампани иртгерме палăртаççĕ Вăл кампанин тĕллевĕ халăха çакна ĕнентересси пулать: халăх интересĕсемшĕн пирĕн социальнăй мероприятисене пĕчĕклетмелле тата пуянсем çине налогсем хурассине чакармалла. Ун пек тусан пуянсем промышленноçа пысăк капитал хывма, социальнăй мероприятисене хытă чарса хума пултараççĕ. Çапла тусан çеç ют çĕршывсене тавар сутас ĕçре конкурентсене çĕнтерме пулать».

Сăмах Англири ĕççыннисен пурнăçне начарлатасси çинчен пынине буржуалла «Санди экспресс» хаçатăн корреспонденчĕ Хаттон та уççăнах пĕлтерет.

«1953 çул Англишĕн ытти вăхăтринчен çăмăлтарах вăхăт, тавар хакĕсем йÿнелнĕ е пурнăç условийĕсем лайăхланнă вăхăт илсе килме пултарать-и, е ку çул вăрçă хыççăнхи чи йывăр çул пулĕ-ши... Промышленноçри лару-тăру çивĕчленсе çитнĕ, ĕç тупайманнисен йышĕ ÿснĕ, суту-илÿри йывăрлăхсем ÿссен çул пулĕ-ши, — тесе ыйтать Хаттон. Вăл çавăнтах çапла ответлет: «Ку вăл йывăр çул пулать».

Англири ĕççыннисемшĕн кăна мар, капитализмлă ытти çĕршывсенчи ĕççыннисемшĕн те ыранхи кун салху та тĕлейсĕр кун пулса тăрать.

Я. МАЗОР.

## Польшăра карточка системине пăрахăçа кăларнă тата ĕç укçине ÿстернĕ

ВАРШАВА, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Паян хаçатсем Польша правительстви таварсене карточка тăрăх парса тăрас йĕркене пăрахăçа кăларасси, хаксене йĕркелесси çинчен, ĕç укçине пĕтĕмĕшле ÿстересси çинчен тата ялхуçалăх продукчĕсем сутма чарса тăнине пĕтересси çинчен йышăннă постановление пичетленĕ.

Иртнĕ çулта тырă тухăçлăхĕ ытти вăхăтринчен лайăхрах пулни, выльăх-чĕрлĕх шучĕ ÿсни, çавăн пекех социализмла промышленность продукцийĕ ÿсни, тенĕ постановленире, хальхи вăхăтра таварсене карточка тăрăх парса тăрас йĕркене пĕтерме, халăх хуçалăхĕпе ĕççыннисен интересĕсемшĕн çавăн пекех апат-çимĕç продукчĕсене çирĕп хак тăрăх ирĕклĕн тата мĕн чухлĕ кирлĕ, çавăн чухлĕ сутма тытăнма май параççĕ. Обязательнăй поставкăсем сыхланса юлаççĕ.

Çакăнпа пĕрлех, рабочи класс интересĕсемшĕн тата унăн пурнăç условийĕсемшĕн тăрăшса хаксене йĕркеленипе пĕрлех, ĕç укçине, пенсисене, нумай çемьеллĕ çынсене паракан пулăшусене, стипендисене ÿстермелле. Çапла тусан, ĕç тухăçлăхĕ ÿснĕ май, рабочи класăн пурнăç условийĕсем ялан лайăхланса пымалла.

Карточка системине пăрахăçа кăларни, хаксене йĕркелени тата ĕç укçине пĕтĕмĕшпе ÿстерни, çавăн пекех ялхуçалăх продукчĕсемпе суту-илÿ тума чарнине пĕтерни, тенĕ малалла постановленире, промышленноçра тата ялхуçалăхĕнче ĕç тухăçлăхне ÿстерме, хулари халăха — ялхуçалăх продукчĕсем, ялти ĕççыннисене промышленность таварĕсем парса тăрассине лайăхлатма, капиталистла элементсене хĕсме, спекуляцие чарса лартма пулăшать. Хаксем йÿнелнине пула хулари тата ялсенчи ĕççыннисем таварсем ытларах илме пултараççĕ. Рабочисемпе хресченсен союзĕ çирĕпленет, халăх хуçалăхне малалла ÿстерме тата ĕççыннисен пурнăç условийĕсене кÿлленех лайăхлатса пыма кирлĕ условисем пулаççĕ.

Ĕç укçи, пенси, нумай çемьеллĕ çынсене паракан пулăшу тата стипендисем 12 процентран — пуçласа 40 процент таран ÿсеççĕ.

# Корейăри ĕçсем

## ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕн чаçĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсемпе пĕрле унччен вырăнсенчех Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç çапăçнă. Фронтсенче паллă улшăнусем пулман.

Ĕнер çĕрле Америкăн «В-29» йышши бомбардировщикĕсем Пхеньянри çынсем пурăнакан кварталсем çине, унта нимĕнле çар объекчĕсем те çук пулин те, тискеррĕн бомбăсем пăрахнă. Бомбардировкăна пула мирлĕ çынсем нумай вилнĕ, вуншар çуртсемпе землянкăсем ишĕлнĕ.

Зенитнăй чаçсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 5 самолетне персе ÿкернĕ, 7 самолетне сиенленĕ.

ПХЕНЬЯН, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем вăтаçĕрти фронтри уйрăм участоксенче Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç çапăçнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 5 самолетне персе ÿкернĕ, 7 самолетне сиенленĕ. Вăл самолетсем Демократиллĕ Корея Халăх Республикин мирлĕ хулисемпе ялĕсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахнă тата пулеметсенчен пенĕ çĕре хутшăннă пулнă.

## Америка авиацийĕ Корейăри хуласемпе ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахать

ПХЕНЬЯН, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Америка авиацийĕ Çурçĕр Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине халĕ те тискеррĕн пыра-пыра тапăнать. Америкăн сывлăшри вăрă-хурахĕсем иккĕмĕш талăк ĕнтĕ кăнтăрла та, çĕрле те Пхеньян, Аньчжу, Вонсан тата ытти хуласемпе ялсем çине пырса тапăнаççĕ. Январĕн 2-мĕшĕнче Кăнтăр Пхенан провинцийĕнчи Жедон тата Хансо уезчĕсем çине 50 яхăн самолет, вăл шутра «Вĕçекен крепоçсем» пырса тапăннă. Çав кунах Нампхо çывăхĕнчи ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахнă. Бомбăсем пăрахнине пула хресченсен 100 çурчĕ ытла арканнă. Нумай хресченсене, ачасемпе хĕрарăмсене вĕлернĕ тата амантнă.

Январĕн 2-мĕшĕнче çĕрле Америкăн «Вĕçекен крепоçĕсем» реактивлă истребительсемпе пĕрле Пхеньян çине темиçе хутчен пырса тапăннă, хула çине тата унăн çывăхĕнчи ялсем çине фугаслă тата напалмлă бомбăсем çĕршер пăрахнă. Хула çывăхĕнчи пĕтĕм районсене, уйрăммăнах хулан хĕвеланăç пайне напалмпа çунтарса янă. Америка самолечĕсем юлашки вăхăтра Корейăри хуласем çывăхĕнчи ялсене пĕтерме ятарласа напалмпа усă кураççĕ.

Январĕн 2-мĕшĕнче çĕрле Пхеньянăн хĕвелтухăç районĕнчи Юлри кварталĕ çине тискеррĕн тапăннă. 150 çурта аркатнă. Хĕрарăмсемпе ачасем нумай вилнĕ.

## ПУСАНРИ ПУШАР

ПАРИЖ, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Бразилири радио пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Кăнтăр Корейăри Пусан портĕнче пушар тухнă. Вăйлă çил тухнине пула, пушар питĕ хăвăрт саралнă, 50 çурт çунса кайнă.

Пушар горючисен склачĕсен çывăхĕнче тухнă, анчах складсем çунман.

## Бразилире США-па çар килĕшĕвĕ тунине хирĕç протестлеççĕ

МОНТЕВИДЕО, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). «Импренса популар» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Рио-де-Жанейро хулинчи миршĕн тăракансен юхăмĕн комитечĕ Бразили США-па тунă килĕшĕве хирĕç кĕрешме 1953 çулхи январĕн 1-мĕшĕпе 15-мĕшĕ хушшинче кампани иртгерессй çинчен пĕлтернĕ.

Çар килĕшĕвне хирĕç кĕрешекен Сан-Пауло штатĕнчи комисси çар килĕшĕвĕ тунине хирĕç протестлесе январĕн 15-мĕшĕччен 50.000 çынна алă пустарма пулнă. Алă пуснă хута ятарласа уйăрнă делегаци федеральнăй конгреса парать. Делегаци штатри общественноçăн паллă представителĕсенчен тăрать. Пĕтĕм çĕршывра протестлекен митингсемпе пухусем пулса иртеççĕ, çар килĕшĕвне хирĕç алă пустараççĕ, США-па çар килĕшĕвĕ тунине сирсе яма требовани лартса конгресс депутачĕсем патне çырусемпе телеграммăсем яраççĕ. Çар килĕшĕвĕ тунине хирĕç кĕрешекен нациллĕ комитет ячĕпе çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсенчен çырусем пыраççĕ. Унта комитет иртгерекен патриотла кампание ырланине палăртаççĕ.

Бразили халăхĕ çине тăрса кĕрешни çар килĕшĕвне конгресра çирĕплетме чăрмантарать. Паллă ĕнтĕ, федеральнăй конгресс вăл килĕшĕве, нумай вăхăт хушши сÿтсе явнă пулин те, декабрĕн 15-мĕшĕччен (конгреса каникула янă кунччен.— Ред.) çирĕплетме пултарайман. Декабрĕн 6-мĕшĕнчех «Коррейо да Манья» хаçат çакна палăртнă: Бразилипе Пĕрлешÿллĕ Штатсем хушшинчи çар килĕшĕвĕ çинчен тăракан ыйтăва сасăланă чухнехи пек йывăрлăхсем депутатсен палатинче халиччен сасăланă вăхăтра сайра-хутра çеç пулнă».

## Нью-Йоркра рабочисем пурăнакан районсенче ачасем нумай вилеççĕ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Сывлăха сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен Нью-Йоркри управлени çулсерен çырса пĕлтерекен докладран Америкăри рабочи класăн пурнăçĕ япăхланса пыни курăнать. Доклад чухăн рабочисем пурăнакан районсенче, уйрăмах Нью-Йоркри негрсем тата пуэрториканецсем пурăнакан кварталсенче ачасем вилесси ÿснине кăтартса парать.

Нью-Йоркра 1952 çулхи малтанхи тăхăр уйăх хушшинче çуралнă кашни 1.000 ачаран 24 ача пĕр уйăх тултаричченех вилнĕ. Анчах çынсем питĕ çăра пурăнакан, хула хĕрринчи чи чухăн 11 районта ачасем тата нумайтарах вилеççĕ. Çапла, негрсем пурăнакан Гарлем ятлă центральнăй районта çуралнă кашни 1.000 ачаран 48 çын, негрсен Бруклин Бедфорде районĕнче — 33 çын вилнĕ.

Рабочисем пурăнакан районсенче ачасем нумай вилни çинчен çырса, сывлăха сыхлас енĕпе ĕçлекен управлени çакна кăтартса парать: «Ку районсенчен нумайăшĕнче 1952 çулта ачасем вилни, унччен çулпа танлаштарсан, чылай ÿснĕ». 1951 çулта хулара шурă мар ÿтлĕ çынсен ачисем кашни 1.000 ачаран вăтам шутпа 36,5 вилнĕ пулсан, çак тапхăр хушшинче кашни 1.000 ача пуçне 39,5 вилнĕ. Ачасем вилесси ÿссе пынин сăлтавĕ, «шурă мар ÿтлĕ çынсен социально-экономикăллă условисем япăх пулни, йывăр çын пулнă хĕрарăмсене тата пĕчĕк ачасене кирлĕ пек пăхманнинчен килет», тесе каланă управлени докладĕнче.

## Республикăри XVIII-мĕш шахмат чемпионачĕ

Шупашкарта Чăваш академи театрĕ çуртĕнче республикăри XVIII-мĕш шахмат чемпионачĕ пуçланчĕ. Унта пĕрремĕш тата иккĕмĕш разрядри сакăршар шахматист хутшăннă.

Малтанхи кун шăпа ярса çак йĕркепе вылямалла турĕç: 1. Дерягин (Комсомольски), 2. Смирнов (Шупашкар), 3. Кочетков (Çĕмĕрле), 4. Романов (Çĕрпÿ), 5. Андреев (Канаш), 6. Николаев (Вăрнар), 7. Сиротин (Шупашкар), 8. Яковлев (Шăхасан), 9. П. Федоров (Çĕмĕрле), 10. Сергиевский (Шупашкар), 11. Егоров (Чкаловски), 12. Яснопольский (Шупашкар), 13. В. Федоров (Хĕрлĕ Чутай), 14 Никитин (Шупашкар), 15. Гуляев (Горький), 16. Соловьев (Шупашкар).

Малтанхи вăййăра В. Федоров Романовран, П. Федоров Яковлевран выляса илнĕ. Чкаловски районĕн представителĕ Егоров Николаева çĕнтернĕ. Соловьев Дерягинпа выляса малтан йывăрлăха кĕрсе ÿкнĕччĕ, анчах кайран вăййа никам çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ. Ытти партисене выляса пĕтерейместерех хăварнă.

Иккĕмĕш вăййăра В. Федоров Андреевран выляса илнĕ, тепĕр çĕнтерÿ тунă. Смирновпа Дерягин хушшинчи вăййă никам çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ. Сиротин Егоровран, Сергиевский — Яковлевран, Яснопольский — Николаевран, Никитин Романовран, Гуляев—Кочетковран, П. Федоров—Соловьевран выляса илнĕ.

Виççĕмĕш вăййăра В. Федоров, Николаевран выляса илсе, виççĕмĕш çĕнтерÿ тунă.

Виçĕ вăййă хыççăн виçĕ очко илсе В. Федоров малта пырать. Ун хыççăн П. Федоров, унăн 2½ очко, виççĕмĕш вырăнта—Гуляев.

## ПĔЛТЕРНИ

Январĕн 6-мĕшĕнче, 19 сехетре, партин хула комитечĕн библиотека çуртĕнче комсомолецсем вĕренмелли политшкулсемпе кружоксенче ĕçлекен пропагандистсем валли лекци пулать. Лекци теми: «И. В. Сталин юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче каланă сăмах».

Лектор—КПСС обкомĕн лекторĕ А. В. Никитин юлташ.

КПСС ШУПАШКАР ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

## Государствăн 1948 çулта кăларнă 2 процентлă заемĕ

### Выигрышлă кăларăм

### 10-мĕш вылявра выигрышсем тухнине кăтартакан

### СПРАВКА-ТАБЛИЦА

Выляв 1952 çулхи декабрĕн 28-мĕшĕнче Калуга хулинче пулнă.

Таблицăра икçĕр тенкĕлĕх облигацисем çине выигрышсем тухнине кăтартнă. Выигрыш суммине выляса илнĕ облигаци хакĕ те кĕрет.

Заемăн мĕнпур 72 разрядĕнчи çак серисемпе облигацисен номерĕсем çине выигрыш тухнă:

| Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|
| 000009 | 24*) | 5.000 | 023988 | 16*) | 5.000 |
| 000109 | 06*) | 5.000 | 024050 | 1—50 | 1.000 |
| 000206 | 1—50 | 400 | 024690 | 18*) | 5.000 |
| 000349 | 40*) | 5.000 | 024832 | 1—50 | 400 |
| 000716 | 1—50 | 400 | 024854 | 1—50 | 400 |
| 001151 | 27*) | 10.000 | 025650 | 1—50 | 400 |
| 001154 | 1—50 | 1.000 | 025747 | 1—50 | 400 |
| 001653 | 25*) | 50.000 | 025753 | 1—50 | 400 |
| 002044 | 24*) | 5.000 | 026030 | 37*) | 5.000 |
| 002112 | 14*) | 10.000 | 026123 | 1—50 | 400 |
| 002277 | 1—50 | 400 | 026181 | 1—50 | 400 |
| 002590 | 12*) | 5.000 | 026277 | 24*) | 5.000 |
| 002755 | 1—50 | 400 | 026489 | 1—50 | 400 |
| 003023 | 1—50 | 1.000 | 026725 | 1—50 | 400 |
| 003053 | 30*) | 10.000 | 026958 | 1—50 | 400 |
| 003246 | 1—50 | 400 | 027089 | 1—50 | 400 |
| 003291 | 1—50 | 400 | 027750 | 1—50 | 400 |
| 003416 | 18*) | 10.000 | 027763 | 1—50 | 400 |
| 003560 | 08*) | 10.000 | 027794 | 19*) | 5.000 |
| 003603 | 38*) | 5.000 | 027877 | 1—50 | 400 |
| 003681 | 1—50 | 400 | 028107 | 1—50 | 400 |
| 003696 | 1—50 | 400 | 028811 | 47*) | 10.000 |
| 003985 | 1—50 | 400 | 028874 | 1—50 | 400 |
| 004056 | 1—50 | 400 | 028963 | 1—50 | 400 |
| 004262 | 1—50 | 400 | 029082 | 33*) | 25.000 |
| 004368 | 37*) | 5.000 | 029208 | 1—50 | 400 |
| 004686 | 1—50 | 400 | 029239 | 1—50 | 400 |
| 004780 | 17*) | 5.000 | 029242 | 34*) | 5.000 |
| 005040 | 1—50 | 400 | 029646 | 19*) | 5.000 |
| 005111 | 1—50 | 400 | 029683 | 1—50 | 400 |
| 005388 | 1—50 | 400 | 030078 | 1—50 | 400 |
| 005481 | 20*) | 5.000 | 030219 | 1—50 | 400 |
| 005719 | 46*) | 5.000 | 030962 | 1—50 | 400 |
| 006154 | 1—50 | 1.000 | 031066 | 1—50 | 400 |
| 006386 | 1—50 | 400 | 031616 | 1—50 | 400 |
| 007020 | 29*) | 5.000 | 031829 | 45*) | 25.000 |
| 007160 | 1—50 | 400 | 032273 | 1—50 | 400 |
| 007829 | 1—50 | 400 | 032389 | 1—50 | 400 |
| 008131 | 1—50 | 400 | 032597 | 1—50 | 1.000 |
| 008418 | 1—50 | 400 | 032930 | 1—50 | 400 |
| 008458 | 1—50 | 1.000 | 032949 | 1—50 | 400 |
| 008509 | 1—50 | 400 | 032968 | 1—50 | 400 |
| 008614 | 1—50 | 400 | 033265 | 12*) | 10.000 |
| 008781 | 1—50 | 400 | 033282 | 15*) | 5.000 |
| 008867 | 1—50 | 400 | 033354 | 1—50 | 1.000 |
| 008952 | 1—50 | 400 | 033624 | 1—50 | 400 |
| 009310 | 18*) | 10.000 | 034027 | 1—50 | 400 |
| 009418 | 07*) | 25.000 | 034139 | 1—50 | 1.000 |
| 009783 | 1—50 | 400 | 034232 | 1—50 | 400 |
| 009918 | 1—50 | 400 | 034370 | 1—50 | 400 |
| 009953 | 14*) | 5.000 | 034390 | 1—50 | 400 |
| 010025 | 1—50 | 400 | 034749 | 1—50 | 400 |
| 010389 | 1—50 | 400 | 034945 | 37*) | 5.000 |
| 010597 | 1—50 | 400 | 035228 | 1—50 | 400 |
| 010719 | 1—50 | 400 | 035108 | 1—50 | 400 |
| 010881 | 1—50 | 400 | 035824 | 1—50 | 400 |
| 011754 | 29*) | 10.000 | 035879 | 25*) | 5.000 |
| 011897 | 1—50 | 400 | 035948 | 1—50 | 400 |
| 011954 | 1—50 | 400 | 035992 | 07*) | 5.000 |
| 012046 | 08*) | 25.000 | 036022 | 1—50 | 400 |
| 012446 | 20*) | 5.000 | 036038 | 01*) | 10.000 |
| 012503 | 1—50 | 400 | 036217 | 14*) | 10.000 |
| 012860 | 1—50 | 400 | 036234 | 1—50 | 400 |
| 013054 | 1—50 | 400 | 036471 | 20*) | 25.000 |
| 013077 | 28*) | 5.000 | 036495 | 1—50 | 400 |
| 013167 | 1—50 | 400 | 036543 | 09*) | 5.000 |
| 013245 | 1—50 | 400 | 036593 | 1—50 | 400 |
| 013729 | 31*) | 5.000 | 036629 | 1—50 | 400 |
| 013777 | 45*) | 5.000 | 036823 | 1—50 | 400 |
| 013842 | 1—50 | 400 | 036974 | 15*) | 10.000 |
| 014009 | 1—50 | 400 | 037359 | 29*) | 5.000 |
| 014253 | 1—50 | 400 | 037782 | 1—50 | 400 |
| 014330 | 1—50 | 400 | 038043 | 11*) | 5.000 |
| 014470 | 1—50 | 400 | 038174 | 14*) | 25.000 |
| 014512 | 1—50 | 400 | 038183 | 1—50 | 400 |
| 014762 | 1—50 | 400 | 038247 | 1—50 | 400 |
| 014857 | 45*) | 5.000 | 038547 | 1—50 | 400 |
| 015056 | 48*) | 10.000 | 038734 | 1—50 | 400 |
| 015118 | 1—50 | 400 | 039609 | 1—50 | 400 |
| 015173 | 34*) | 5.000 | 039849 | 1—50 | 400 |
| 015193 | 08*) | 5.000 | 039952 | 30*) | 5.000 |
| 015328 | 15*) | 10.000 | 039977 | 1—50 | 400 |
| 015336 | 05*) | 5.000 | 040349 | 1—50 | 1.000 |
| 015395 | 1—50 | 400 | 040484 | 1—50 | 400 |
| 015520 | 1—50 | 400 | 040526 | 42*) | 5.000 |
| 015734 | 04*) | 10.000 | 040705 | 1—50 | 400 |
| 015840 | 1—50 | 400 | 041620 | 46*) | 5.000 |
| 015893 | 1—50 | 400 | 042048 | 06*) | 5.000 |
| 016066 | 1—50 | 400 | 042156 | 1—50 | 400 |
| 016658 | 1—50 | 400 | 042209 | 17*) | 50.000 |
| 016817 | 33*) | 5.000 | 042478 | 32*) | 25.000 |
| 017215 | 1—50 | 400 | 042187 | 07*) | 10.000 |
| 017299 | 29*) | 10.000 | 043433 | 1—50 | 400 |
| 017701 | 1—50 | 400 | 043509 | 1—50 | 400 |
| 017885 | 1—50 | 400 | 043590 | 1—50 | 400 |
| 018309 | 43*) | 5.000 | 043620 | 1—50 | 400 |
| 018828 | 1—50 | 400 | 043723 | 1—50 | 1.000 |
| 018837 | 28*) | 10.000 | 043878 | 1—50 | 400 |
| 018981 | 1—50 | 400 | 043987 | 1—50 | 400 |
| 019127 | 1—50 | 400 | 044258 | 1—50 | 400 |
| 019141 | 1—50 | 400 | 044433 | 1—50 | 400 |
| 019297 | 1—50 | 400 | 044457 | 1—50 | 400 |
| 019437 | 23*) | 10.000 | 044565 | 1—50 | 400 |
| 019791 | 1—50 | 400 | 044574 | 38*) | 5.000 |
| 019812 | 24*) | 5.000 | 044633 | 15*) | 5.000 |
| 019840 | 1—50 | 400 | 044686 | 03*) | 5.000 |
| 019857 | 1—50 | 400 | 044736 | 1—50 | 400 |
| 019863 | 1—50 | 400 | 045781 | 1—50 | 400 |
| 019969 | 40*) | 5.000 | 046089 | 1—50 | 400 |
| 020175 | 1—50 | 400 | 046266 | 14*) | 10.000 |
| 020252 | 1—50 | 400 | 046811 | 34*) | 10.000 |
| 020320 | 1—50 | 400 | 046883 | 10*) | 10.000 |
| 020708 | 1—50 | 400 | 047105 | 31*) | 5.000 |
| 020999 | 1—50 | 400 | 047531 | 1—50 | 400 |
| 021200 | 1—50 | 400 | 047539 | 1—50 | 400 |
| 021427 | 1—50 | 400 | 048144 | 31*) | 25.000 |
| 021446 | 09*) | 5.000 | 048148 | 06*) | 25.000 |
| 021456 | 1—50 | 400 | 048229 | 1—50 | 400 |
| 021860 | 1—50 | 400 | 048315 | 1—50 | 400 |
| 021997 | 1—50 | 400 | 048434 | 1—50 | 400 |
| 022028 | 14*) | 25.000 | 049096 | 19*) | 5.000 |
| 022170 | 31*) | 10.000 | 049219 | 1—50 | 400 |
| 022314 | 1—50 | 400 | 049424 | 39*) | 10.000 |
| 022333 | 1—50 | 400 | 049433 | 03*) | 10.000 |
| 022387 | 1—50 | 400 | 049587 | 1—50 | 400 |
| 022533 | 1—50 | 400 | 049852 | 1—50 | 400 |
| 022539 | 16*) | 5.000 | 049972 | 1—50 | 400 |
| 023232 | 24*) | 5.000 | | | |

*) Çак серие кĕрекен облигацисен ытти 49 номерĕ 400-шер тенкĕ выляса илнĕ.

ЧĂВАШ АССР ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔПЕ ПĔРЕКЕТ КАССИСЕН УПРАВЛЕНИЙĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НГ 01208 Типографи №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.